ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Сентябрь 9 юнкун
№ 177 (9086)
36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

**Паянхи номерте:**



## Çĕрулмине хăвăрт, тирпейлĕ пухса кĕртмелле

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви ялхуçалăх работникĕсем умне пысăк та ответлă задачăсем кăларса тăратрĕç. Промышленность валли чĕрчĕ вар, халăх валли апат-çимĕç тăратас ĕçе татăклăн лайăхлатмалла, çав тĕллевпе çитес çулсенче çĕрулмипе пахча çимĕç туса илессине чылай ÿстермелле. Пирĕн республикăри колхозсем, партипе правительство кăтартса панисене пурнăçласа, кăçал çĕрулми лартмалли çĕр лаптăкне чылай ÿстерчĕç. Нумай ялхуçалăх артелĕсем пысăк тухăçлă çĕрулми туса илеççĕ. Тĕслĕхрен, Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан Ленин орденлĕ колхоз кашни гектартан 180—200-шер центнер çĕрулми пухса кĕртет.

Парти, совет, ялхуçалăхĕпе хатĕрлев органĕсем, машина-трактор станцийĕсен директорĕсем тата колхозсен руководителĕсем умĕнче халĕхи вăхăтра тăракан задача çакăн пек: МТС-сен техникипе тата колхозсен ĕç вăйĕпе туллин усă курса, çĕрулмипе пахча çимĕçсене вăхăтра тата пысăк пахалăхпа пухса кĕртмелле. Кашни колхозăн государствăна çĕрулмипе пахча çимĕçсем памалли обязательствăна вăхăтра тултармалла, вăрлăх фончĕсем хывса çитермелле, колхозниксене ĕçкунĕсем тăрăх валеçме тата обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли çителĕклĕ таран çĕрулми уйăрса хумалла.

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ çак кунсенче республикăри колхозсенче çĕрулмипе пахча çимĕç пухса кĕртме хатĕрленес ĕç мĕнле тăнине пăхса тухса, çĕрулмине пухса кĕртес ĕçе халех тытăнса, сентябрĕн 25-мĕшĕ тĕлне пухса кĕртсе пĕтерме сĕнсе хăварчĕ.

Красноармейски, Советски, Шупашкар, Вăрнар районĕсенчи нумай колхозсем çĕрулми пухса кĕртме сентябрĕн малтанхи кунĕсенчех тытăнчĕç. Хальхи вăхăта вĕсем чылай лаптăк çинчен çĕрулми пухса кĕртрĕç. Тĕслĕхрен, Красноармейски районĕнчи колхозсем çĕрулмине вуниккĕмĕш пайĕ чухлĕ пухса кĕртнĕ. Пĕтĕм республикипе илсен, сентябрĕн 5-мĕшĕ тĕлне республикăри колхозсем, иртнĕ çулхипе танлаштарсан, виçĕ хута ытларах çĕр лаптăкĕ çинчи çĕрулмине пухса кĕртнĕ.

Анчах та республикăри нумай колхозсемпе МТС-сем çĕрулмине массăллăн пухса кĕртме тытăнас тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăнмаççĕ. Улатăр, Йĕпреç, Куславкка, Кувакино, Сĕнтĕрвăрри, Муркаш, Октябрьски, Çĕрпÿ, Чурачăк районĕсенчи колхозсем ку тарана çитсе те 1,5 процентран ытла пухса кĕртеймен. Канаш, Вăрмар, Шăмăршă тата Пăрачкав районĕсенчи колхозсем çĕрулми кăларма тытăнман та. Ĕç çакăн пек вăраххăн пулса пынине тÿсме çук, мĕншĕн тесен пысăк çухату пулма пултарать.

Республикăри мĕнпур колхозсемпе МТС-сен халех çĕрулми кăларас ĕçе массăллăн тытăнмалла. Ку тĕлĕшпе кашни колхозра, МТС-ра ĕç планĕ туса хатĕрлемелле. Планра çĕрулмине кĕске срокра кăларса пĕтерсе государствăна парса татас ĕçе хăвăртлатма пулăшакан пур майсене те палăртмалла.

Тĕрĕслев çакна кăтартрĕ: нумай районсенче ĕçе пландассине кирлĕ пек хаклаç маççĕ. Советски районĕнче 8 колхозра кăна ĕç планĕ туса хатĕрленĕ. Куславкка тата Элĕк районĕсенчи ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕсен работникĕсем колхозсенче плансем тăвас ĕç мĕнле пынине пĕлмеççĕ. Чăваш АССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви те колхозсенче ĕç планĕсем тăвасси мĕнле пынине начар пĕлет, вырăнти органсене ку тĕлĕшпе кирлĕ пулăшу памасть.

Çĕрулми пухса кĕртес ĕçре кăçал машина-трактор станцийĕсем пысăк вырăн йышăнса тăмалла. Нумай МТС-сен тракторпа çĕрулми кăларакан машинăсем туянчĕç. МТС-сен техникипе туллин усă курни çĕрулми пухса кĕртес ĕçе чылай хăвăртлатма пулăшать. Анчах нумай МТС-сен директорĕсем çĕрулми кăларас ĕçе механизацилессишĕн кирлĕ пек тăрăшмаççĕ, çĕрулми кăлармалли машинăсене юсассине тÿсме çук вăраха тăсса пыраççĕ. Сĕнтĕрвăрри, Калинино МТС-ĕсенче çĕрулми кăлармалли машинăсемпе ку тарана çитсе те ĕçлеме тытăнман.

Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствин, МТС-сен руководителĕсен МТС-сен техникипе çĕрулми кăларас ĕçре туллин усă курмалла тăвас тĕлĕшпе васкавлă мерăсем йышăнмалла. Çĕрулми пухса кĕртнĕ вăхăтра çĕрулми кăларакан машинăсем сичче ĕçлекен кашни çыннăн сменăри нормăна тултармалла тăвас пулать. Çакă вăл çĕрулми пухса кĕртмелли срока чылай кĕскетме тата ăна тăккаласа пĕтерессинчен сыхланма пулăшать.

Çавăнпа пĕрлех колхозсенчи лашасемпе ĕçлемелли инвентарьне те туллин усă курмалла. Хăшпĕр колхозсен руководителĕсем, çăмахран, Советски, Сĕнтĕрвăрри тата ытти хăшпĕр районсенчи колхозсен руководителĕсем мĕнпур ĕçе ал вĕççĕн туса ирттерме шутлаççĕ. Çав вăхăтрах МТС-сен машинисемпе колхозсенчи лашапа ĕçлемелли инвентарь ахаль тăрать. Çак ситменлĕхе хирĕç татăклăн кĕрешмелле.

Çĕрулми кăларас ĕçе хăвăртлатнă вăхăтрах, парти, совет, ялхуçалăхĕпе хатĕрлев органĕсен, МТС-семпе колхозсен руководителĕсен çĕрулми усрамалли вырăнсене туса çитересси çине тата вĕсене юсасси çине, дезинфекцилесе хурасси çине тимлĕн пăхмалла. Çĕрулмине буртсенче, траншейăсенче сыхласа усрама кирлĕ материалсем хатĕрлесе хумалла.

Çĕрулмине вырăнсăр тăккаласа пĕтерессине хирĕç кĕрешесен тĕп задача пулса тăрать. Çĕрулми кăларма тытăначчен пĕр-ик кун малтан аврисене çулса пăрахмалла. Çĕрулми аврипе силос хывнă çĕрте усă курмалла. Кăларнă çĕрулмине çав кунхинех уйран турттарса кĕмелле. Ĕç пахалăхне куллен асăрхаса тăмалла. Çĕрулми ана çинче нумай выртса юлассине пĕтерес шутпа, пухса кĕртнĕ участоксене пĕтĕмпех сÿрелесе тата сухаласа тухмалла, çакăн хыççăн, çĕрулмине тепĕр хут пухса пымалла.

Çĕрулми пухса кĕртме тытăнсанах колхозсен ăна хатĕрлев пунктчĕсене леçсе парас ĕçе организацилемелле. Хатĕрлев пунктчĕсене леçсе пама кирлĕ чухлĕ ялан ĕçлекен çынсем тата транспорт уйăрса памалла.

Уйрăмах вăрлăхлăх лартнă çĕрулмине пухса кĕртесси çине тимлĕ пăхмалла. Правительство йышăннă постановление асра тытмалла. 1953 çултан пуçласа вăрлăх фонне сортлă çĕрулми, чи малтан, вăрлăх участокĕсем çинче лартса тунă çĕрулмипе агротехника нормисем хушнă чухлĕ уйăрса хăвармалла. Вăрлăхлăх авнă участоксенчи çĕрулми вăрлăх фондне уйăрса хăварма çителĕксĕр пулсан, государствăна çĕрулми памалли плана тултариччен çĕрулми лайăххрах пулнă участоксем çинчен уйăрса илсе хывмалла. Çитес çул çĕрулми лартмалли плана тултарма кирлĕ чухлĕ вăрлăх хывса хăварас ĕçе кашни колхозра çĕрулми массăллăн кăларма тытăннă кунран пуçласа пĕр уйăх хушшинче туса пĕтермелле.

Çĕрулми кăларас ĕçе ытти ĕçсемпе пĕр вăхăтра тума тивет. Çакă вăл кашни колхозри, кашни МТС-ри мĕнпур вăйсемпе тата хатĕрсемпе тĕрĕс тата туллин усă курса ĕçлеме хушать. Çĕрулми пухса кĕртес ĕçĕн ăнăçлăхне, ытти ĕçсенчи пекех, çынсем, кадрсем татса параççĕ. Парти, совет, ялхуçалăх органĕсен кашни колхозра çак ĕçе йĕркеллĕ ирттерме тăрăшмалла, чи малтан, ĕç дисциплинине çирĕплетмелле. Çак кунсенче çĕрулми кăларас ĕçе кашни колхозникăн активлă хутшăнмалла.

Пухса кĕртнĕ çĕрулмине çирĕп учета илмелле, çĕрулми тухăçлăхне ÿстермелли плана тултарнăшăн тата ирттерсе тултарнăшăн колхозниксене хушса тÿлемелли йĕрке тăрăх вăхăтра çĕрулми уйăрса памалла.

Партипе правительство çĕрулми тата пахча çимĕç лартса тăвас ĕç кая юлса пынине пĕтерес тĕлĕшпе ответлă задача кăларса тăратрĕç. Çак задачăна ăнăçлăн пурнăçлама партипе правительство колхозсемпе МТС-сене пысăк пулăшу параççĕ. Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ йышăннă тăрăх, çĕрулмипе пахча çимĕçсен хатĕрлев хакне чылай ÿстермелле тунă.

Республикăри колхозниксем, механизаторсем, ялхуçалăх специалисчĕсем çĕрулмипе пахча çимĕçсене ăнăçлă пухса кĕртессишĕн тата государствăна памалли плана срокра тултарассишĕн пĕтĕм вăя хурса ĕçлĕç.

## ЧĂВАШ АССР ВЕРХОВНĂЙ СОВЕЧĔН ЛАРĂВĔСЕМ

### Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн 1953 çулхи сентябрĕн 8-мĕшĕнче пулнă ларăвĕсем çинчен

### ИНФОРМАЦИЛЛĔ ПĔЛТЕРÿ

#### *Ирхи лару*

Сентябрĕн 8-мĕшĕнче, ирхине 11 сехетре, Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн иккĕмĕш ларăвĕ пулнă.

Лару председателĕ—Чăваш АССР Верховнăй Совет председателĕ **С. М. Ислюков** депутат.

Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн ларăвĕнче Чăваш АССР-ĕн 1953 çулхи бюджечĕ çинчен тата Чăваш АССР-ĕн 1952 çулхи бюджетне пурнăçлани çинчен тунă доклад тăрăх прениссем малалла пынă.

Пренире çаксем тухса каланă: **И. П. Енчиков** юлташ (Шупашкар хула Совечĕн исполком председателĕ), **П. И. Капитонов** юлташ (Чăваш АССР Культура министрĕ), **В. П. Павлов** депутат (Шăхасан районĕ, Ăвăспÿрт Кипеч округĕ), **М. И. Иванова** депутат (Первомайски районĕ, Первомайски округ), **П. П. Петров** юлташ (Муркаш район Совечĕн исполком председателĕ), **Г. И. Тибуков** депутат (Елчĕк районĕ, Елчĕк округĕ), **Ф. А. Алексеева** депутат (Чурачăк районĕ, Чурачăк округĕ), **П. А. Рунгш** юлташ (Çул-йĕрпе автотранспорт хуçалăх управленийĕн начальникĕ), **И. Г. Григорьев** депутат (Вăрмар районĕ, Аслă Пинер округĕ), **П. И. Калинкина** юлташ (Çăмăл тата апат-çимĕç промышленность министрĕ), **И. А. Афанасьев** депутат (Муркаш районĕ, Йÿçкасси округĕ).

Прениссем вĕçленнĕ хыççăн Чăваш АССР Верховнăй Совечĕ докладчикăн — Чăваш АССР Финанс министрĕн, РСФСР Верховнăй Совет депутачĕн **А. В. Сомовăн** юлашки сăмахне итленĕ.

**Я. Г. Маклашкин** депутат сĕннипе Чăваш АССР Верховнăй Совечĕ бюджета çирĕплетме çакăн пек йĕрке йышăнать: Чăваш АССР-ĕн 1953 çулхи бюджетне тупăшсемпе расходсен пĕтĕмĕшле итогĕсем тăрăх сасăласа, Чăваш АССР-ĕн 1952 çулхи бюджетне пурнăçлани çинчен калакан отчета тупăшсемпе расходсен пайĕсем мĕнле пурнăçланнин пĕтĕмĕшле итогĕсем тăрăх сасăласа, Чăваш АССР-ĕн 1953 çулхи бюджечĕ çинчен калакан Закона статьясем тăрăх сасăласа çирĕплетмелле.

Чăваш АССР Верховнăй Совечĕ Чăваш АССР-ĕн 1953 çулхи бюджетне тата Чăваш АССР-ĕн 1952 çулхи бюджетне пурнăçлани çинчен калакан отчета, пĕр саслă пулса, çирĕплетет. «Чăваш Автономиллĕ Советлă Социализмлă Республикин 1953 çулхи бюджечĕ çинчен калакан Закона» статьясем тăрăх, унтан пĕтĕмĕшле пĕр саслă пулса çирĕплетнĕ.

Çакăнпа Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн иккĕмĕш ларăвĕ хупăннă.

#### *Каçхи лару*

Сентябрĕн 8-мĕшĕнче, каçхине 6 сехетре, Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн виççĕмĕш ларăвĕ пулнă.

Лару председателĕ—Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн председателĕ **С. М. Ислюков** депутат.

Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн председателĕ **С. М. Ислюков** депутат кун йĕркинчи иккĕмĕш ыйту тăрăх — Чăваш АССР-ĕнче халăха вĕрентес ĕç мĕнле тăни тата ку ĕçе лайăхлатмалли майсем çинчен доклад тума Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн председатель заместительне **М. А. Андреев** депутата сăмах парать.

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн председатель заместителĕ **М. А. Андреев** депутат Чăваш АССР-ĕнче халăха вĕрентес ĕç мĕнле тăни тата ку ĕçе лайăхлатмалли майсем çинчен доклад тунă хыççăн, ку ыйту тăрăх прениссем пуçланнă.

Пренире çаксем тухса каланă: **Р. А. Садовникова** депутат (Сĕнтĕрвăрри районĕ, Сĕнтĕрвăрри округĕ), **Ф. С. Дмитриев** депутат (Красноармейски районĕ, Шупуç округĕ), **А. В. Плетнев** депутат (Шупашкар хули, Ленинградски округ), **А. М. Кабаевская** депутат (Кувакино районĕ, Кувакино округĕ), **В. М. Иванова** депутат (Çĕрпÿ районĕ, Çĕрпÿ округĕ), **Л. Я. Агаков** депутат (Первомайски районĕ, Турхан округĕ) **А. П. Васильева** депутат (Шăмăршă районĕ, Шăмăршă округĕ).

Çакăнпа Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн виççĕмĕш ларăвĕ хупăннă. Çитес лару сентябрĕн 9-мĕшĕнче, ирхине 11 сехетре пулать.

## СЕССИ ДНЕВНИКĔ

Сентябрĕн 7-мĕшĕнче Советсен Çуртĕн ларусем ирттерекен залĕнче Чăваш Автономиллĕ Советлă Социализмлă Республикин Верховнăй Совечĕн IV-мĕш сессийĕ уçăлчĕ.

Кăнтăрла иртни 4 сехет. Правительство ложисене СССР Верховнăй Совечĕн депутачĕсем, РСФСР Верховнăй Совечĕн депутачĕсем, Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн членĕсем, министрсем тухаççĕ.

Председатель сĕтелĕ хушшинче — Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн председателĕ С. М. Ислюков депутат, республикăри Верховнăй Совет председателĕн заместителĕсем О. Ф. Мадюшкина тата Н. Ф. Смыков депутатсем.

Лару председателĕ—С. М. Ислюков депутат Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн тăваттăмĕш сессийĕ уçăлни çинчен пĕлтерет. Вăл, СССР Министрĕсен Совечĕн Председательне тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн секретарьне Иосиф Виссарионович Сталина хисеплесе асăнса, ура çине тăма сĕнет.

Ленинăн соратникне тата унăн ĕçне гениллĕ малалла туса пынă, Коммунистсен партийĕпе совет халăхĕн аслă çулпуçĕпе учительне И. В. Сталина пурте ура çине тăрса хисеп тăваççĕ.

С. М. Ислюков депутат сессире пăхса тухма çак ыйтусене тăратни çинчен пĕлтерет:

1. Чăваш АССР-ĕн 1953 çулхи бюджетне тата Чăваш АССР-ĕн 1952 çулхи бюджетне пурнăçлани çинчен калакан отчета çирĕплетесси. (Ку ыйтăва Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ тăратать).

2. Чăваш АССР-ĕнче халăха вĕрентес ĕç мĕнле тăни тата ку ĕçе лайăхлатмалли майсем çинчен. (Ку ыйтăва Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ тăратать).

3. Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕ йышăннă Указсене çирĕплетесси. (Ку ыйтăва Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕ тăратать).

А. В. Плетнев депутат сĕннипе, сесси çак ыйтусене кун йĕркине кĕртме пĕр саслă пулса йышăнать.

Лару председателĕ Чăваш АССР-ĕн 1953 çулхи бюджечĕ çинчен тата Чăваш АССР-ĕн 1952 çулхи бюджетне пурнăçлани çинчен доклад тума Чăваш АССР Финанс министрне, РСФСР Верховнăй Совечĕн депутатне А. В. Сомова сăмах парать.

Докладчик çакна палăртать: сесси совет халăхĕн политикăлла активлăхĕ тата производствăри хастарлăхĕ вăйланнă вăхăтра пулса иртет. СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕ йышăннă решенисем тата сессире СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ тухса калани совет халăхĕн политикăлла активлăхĕпе ĕçри хастарлăхне вăйлатрĕç. Г. М. Маленков юлташ хăйĕн сăмахĕнче совет государствин тулашри тата шалти политикине пур енĕпе те никĕслесе пачĕ.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви тавра тачă пĕтĕçсе тăрса, совет халăхĕ хамăр çĕршывра коммунизм тăвас çулпа çирĕппĕн те шанчăклăн малалла пырать.

— Совет халăхĕсен туслă çемйинче,— тет Сомов юлташ,—аслă вырăс халăхĕ тăванла пулăшнипе, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, Чăваш республикинчи ĕççыннисем, вăрçă хыççăнхи çулсенче хуçалăхпа культура строительствинче чылай ÿсĕмсем турĕç.

Докладчик малалла пирĕн промышленность ÿсĕмĕ çинчен, ялхуçалăхĕнче тунă çитĕнÿсем çинчен тата кăçал республика умĕнче тăракан задачăсем çинчен калать.

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ Чăваш АССР-ĕн 1953 çулхи бюджетĕнче тупăшсемпе расходсем пĕтĕмпе 348.735,2 пин тенкĕ пулмалла тума палăртнă. 1953 çулхи бюджет, иртнĕ çулхипе танлаштарсан, 15.787,2 пин тенкĕ ÿсет.

Чăваш АССР бюджетĕнчи тупăшсен тĕп пайĕ социализмла хуçалăхран пухăнать. Çак укça 285.135 пин тенкĕ пулать. Вĕсен бюджетри удельнăй виçи 74,1 процент пулать. Государство предприятийĕсемпе хуçалăх организацийĕсен уселамĕнчен бюджета 29.120 пин тенкĕ уйăрса пама палăртнă.

Социализмла хуçалăхран кĕрекен тупăшсем чылай ÿснĕ вăхăтрах, халăхран пухăнмалли укçа-тенкĕ хисепĕ чакать. Государство заемĕсем сарнинчен пухăннă укçа бюджетра 20.870 пин тенкĕ пулмалла е, урăхла каласан, пĕлтĕрхинчен 39.671 пин тенкĕ сахалтарах палăртнă. СССР Верховнăй Совечĕн сессийĕ Ялхуçалăх налогĕ çинчен çĕнĕ закон йышăннă май, республикăра çав налогăн хисепĕ 42.708 пин тенкĕ е, пĕлтĕрхипе танлаштарсан, 44,4 процент чакать. 1954 çулта вара, 1952 çулхипе танлаштарсан, ялхуçалăх налогĕ 2,5 хут ытларах чакать.

Бюджетри пĕтĕм укça-тенкĕн вунă пайĕнчен тăхăр пайне ытла халăх хуçалăхне тата халăхăн пурнăçĕпе культурине лайăхлатма параççĕ. Социально-культурăллă ĕçсем валли 280.202 пин тенкĕ е пĕтĕм бюджетри расходсен 80,4 проценчĕ чухлĕ параççĕ.

Докладчик бюджетри укça-тенке мĕнле ĕçсем валли уйăрса пама палăртни çинчен тĕплĕн калать, уйрăм министерствăсемпе ведомствăсем государство умĕнчи финанс обязательствине пурнăçлас тĕлĕшпе тунă çитменлĕхсем çинчен калать, хăшпĕр предприятисем япăх ĕçлени çинчен тĕслĕхсем илсе кăтартать.

Чăваш АССР-ĕн 1953 çулхи бюджечĕ, тет юлашкинчен Сомов юлташ, республика умĕнче тăракан задачăсене пĕтĕмпех тивĕçтерет. Бюджетра пирĕн республикăри ĕççыннисен пурнăçне малалла лайăхлатма, вĕсен культурине ÿстерме укçа-тенкĕ çителĕклĕ уйăрса пама палăртнă.

Нимĕн иккĕленмелли те çук, чăваш халăхĕ, пирĕн Тăван çĕршыври мĕнпур ĕççыннисем пекех, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви тавра тачă пĕтĕçсе, 1953 çулхи халăх хуçалăх планĕпе государство бюджетне ăнăçлă пурнăçлама мĕн кирлине пурне те тăвĕ, çапла вара хамăр çĕршывра коммунизм тăвас ĕçе хăйĕн вăйне хурĕ.

Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Бюджет комиссийĕн содокладне Я. Г. Маклашкин депутат туса парать.

Пренире чи малтан И. В. Новиков депутат тухса каланă.

— Канаш хулинчи ĕççыннисем, пĕтĕм совет халăхĕ пекех,—тенĕ вăл,— СССР Верховнăй Совечĕн сессийĕн, РСФСР Верховнăй Совечĕн сессийĕн решенийĕсене, Г. М. Маленков юлташ тухса каланă сăмаха чун-чĕререн кăмăлласа кĕтсе илчĕç тата пĕр шухăшлă пулса ырларĕç. Хулари ĕççыннисем партипе правительство пирĕн умна лартнă задачăсене чыслăн пурнăçлассишĕн тăрăшаççĕ.

Малалла Новиков юлташ, Канаш хулин пурнăçĕнчи тĕслĕхсене илсе, республикăри ĕççыннисем парти ертсе пынипе социализм строительствинче пысăк çитĕнÿсем тунине кăтартса парать. Çавăнпа пĕрлех вăл хулари хăшпĕр предприятисен ĕçĕнче, хулана лайăхлатса илемлетес ĕçре, çавăн пекех республикăн уйрăм министерствисемпе ведомствăсен ĕçĕнче пысăк ситменлĕхсем пуррине палăртать. Сăмахран, вăл Коммунальнăй хуçалăх министерстви хулара пурăнмалли çуртсем лартма кирлĕ пек пулăшса пымасти, 12 хваттерлĕ çурт тумалли проектсемпе сметăсене ямасăр тытса тăни çинчен калать.

Тăвай районĕнче ялхуçалăх ĕçĕсем ăнăçлă пулса пыни çинчен каласа парса, М. П. Павлов депутат шкулсемпе больницăсем лартас тĕлĕшпе ĕçсем çителĕксĕр пулса пынине, трахома чирне хирĕç кĕрешес ĕçе начар йĕркеленине палăртать. Вăл тата машина-трактор станцийĕн ĕçĕнчи çитменлĕхсем çинчен тата ăна республикăн Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви сахал пулăшни çинчен калать.

М. П. Павлов депутат Чăваш АССР Министрĕсен Советĕнчен тата Коммунальнăй хуçалăх министерствинчен 1954 çулта Тăвай ялĕнче электростанци, врачсемпе ялхуçалăх специалисчĕсем валли сакăр хваттерлĕ çурт лартма палăртса хума, Сывлăх министерствинчен Тăвайри больницăра рентген кабинечĕ уçма ыйтать. Унтан вăл Çутĕç министерствин ĕçĕнчи çитменлĕхсене критиклет, министерство Тăвай районĕнче çĕнĕ шкулсем лартма сахал тăрăшни çинчен калать.

— Ишлей районĕнчи ĕççыннисем, — тенĕ Г. А. Херсонов депутат,—СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕн решенийĕсемпе тата ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков каланă сăмахпа хавхаланса, СССР халăх хуçалăхне аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх планра лартнă задачăсене пурнăçлассишĕн социализмла ăмăртса ĕçлессине çĕнĕрен вăйлатса ячĕç.

Район государствăна тырă памалли плана срокчен, августăн 29-мĕшĕнче, тултарнă, республикăра иккĕмĕш вырăн йышăннă. Колхозсем, тĕпрен илсен, тырпула вырса пухрĕç, хальхи вăхăтра кĕлтесене капана хываççĕ, авăн çапаççĕ, вăрлăх фончĕ тата выльăх апачĕн фондне тăваççĕ, çĕрулми кăлараççĕ. Район кĕрхи тырăсене правительство кăтартса панă срокра акса хăварнă.

И. Г. Григорьев депутат Етĕрне районĕнчи чылай предприятисен, суту-илÿ организацийĕсен тата вырăнти Советсен бюджета пурнăçлас ĕçри çитменлĕхĕсене палăртать. Çав çитменлĕхсене пула кăçал тума палăртнă чылай ĕçсем пурнăçланмасăр юлаççĕ, тет вăл.

Трибуна умĕнче—А. И. Иванова депутат. Вăл Советски районĕнчи ĕççыннисен пурнăçĕ лайăхланса пыни çинчен каласа парать. Çавăнпа пĕрлех вăл районти суту-илÿ организацийĕсен ĕçне хытă критиклет. Районти суту-илÿ организацийĕсем тавар çаврăнăшĕн планне уйăхран уйăха тултараймаççĕ, халăха кирлĕ таварсене базăсенчен илсе пымаççĕ. Вăл районта кино кăтартас ĕçе начар йĕркеленине палăртать.

Юлашкинчен вăл Хучашра вăтам шкул уçма кирли çинчен ыйту хускатать.

Н. И. Захаров депутат сăмах илет. Вăл çапла калать:

— Чăваш республикинчи колхозниксемпе колхозницăсем, МТС-сенчи механизаторсем, 1953 çулхи ялхуçалăх ĕçĕсене лайăх туса ирттерессишĕн тăванла Мордва тата Мари республикисенчи ялхуçалăх ĕçченĕсемпе социализмла ăмăртăва тухса, тырпул пухса кĕртес, ялхуçалăх продукчĕсем хатĕрлес, вăрлăх хывас ĕçсене тата ялхуçалăхĕнчи ытти ĕçсене йĕркеллĕрех туса пыраççĕ.

Çавăнпа пĕрлех вăл обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе республикăри чылай районсем юлса пынине палăртать, обществăлла выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарма хатĕрленес тĕлĕшпе колхозсем умĕнче тăракан, вăраха ямасăр пурнăçламалли задачăсем çинчен, МТС-сен ĕçне лайăхлатмалли çинчен, ялхуçалăхне электрификацилес тĕлĕшпе ытларах ĕçлемелли çинчен калать.

Депутатсем Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине тĕрĕс критикленине йышănса, Н. И. Захаров депутат министерство çитменлĕхсене çывăх вăхăтрах пĕтерессе тата ялхуçалăхне ертсе пырассине лайăхлатасси çинчен Чăваш АССР Верховнăй Советне шантарса калать.

М. С. Михайлова депутат Йĕпреç поселокĕпе Йĕпреç районĕнче пурăнмалли çуртсемпе шкул çуртчĕсем ытларах лартмалли çинчен ыйту хускатать.

Шупашкар райсовет исполкомĕн председателĕ А. Н. Семенов хăйĕн сăмахĕнче МТС-сен ĕçне лайăхлатма кирли çинчен калать. Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствин проектсем хатĕрлекен кантурĕн, Чăваш республикинчи аптека управленийĕн, Çутĕç министерствин ĕçĕсенчи çитменлĕхсене палăртать.

— Шупашкар районĕ хулапа юнашар, вăл Шупашкар хулине çĕрулми, пахча çимĕç, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем парса тăма тивĕç,—тет Семенов юлташ.—Анчах çак задачăна татса парас ĕçре пире республикăн Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви конкретлă пулăшу памасть. Халĕхе сăмах вакланисăр пуçне нимĕн те туман. Эпир Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствинчен пире пахча çимĕç культурисен тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе практикăлла ĕçсем тума пулăшма ыйтатпăр.

— 1954 çулта Улатăрта коммунальнăй электростанцие туса пĕтермелле,—тет П. И. Казяев депутат.—Анчах ăна тăвас ĕç питех те начар пырать. Стройкăри ĕçсене тумалли чертежсем халĕ те çук. Кăçал электростанци лартма 2 миллион тенкĕ уйăрса панăччĕ, çак укça-тенкĕпе начар усă курнă пирки халех ĕнтĕ 500 пин тенкине каялла илмелле турĕç. Анчах уйăрса панă укça-тенкĕпе те начар усă кураççĕ. Сентябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне стройкăри ĕçсене 500 пин тенкĕлĕх çеç тунă.

Анчах та электростанци тăвас ĕç япăх пыни «Чăвашстрой» трестне (начальникĕ Куприянов юлташ) сахал пăшăрхантаратьха. Ку трест асăннă электростанцие лартакан подрядчик пулса тăрать. Строительствăпа монтаж управленийĕнче кадрсем çитмеççĕ. Трест çак строительствăпа питех те сахал интересленет.

Строительствăри ĕçсене вăйлатса пыма республикăри Финанс министерстви пулăшнине те туймастпăр, вăл стройка валли укça-тенкĕ йĕркеллĕ парса тăмасть.

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн çак строительство мĕнле пынине уйрăмах хытă тĕрĕслесе тăмалла, электростанцие срокра ĕçлеттерме пуçламалла тăвас пулать.

СССР Верховнăй Совечĕн депутачĕ В. Г. Ефимова юлташ республикăра сывлăха сыхлас ĕç мĕнле тăни çинчен тата сывлăх ĕçĕн органĕсем умĕнче тăракан задачăсем çинчен каларĕ.

Н. Ф. Смыков депутат Куславкка районне ялхуçалăх машинисем ытларах пама, сăмахран çĕрулми лартас тата кăларас ĕçсене механизацилемелли машинăсем кÿрсе килме ыйтать. Куславкка районĕнче çĕрулми нумай лартаççĕ, çавăнпа та ăна лартас тата кăларас ĕçсене механизацилес пулать, тет вăл.

Н. Ф. Смыков тухса каланă хыççăн сессин пĕрремĕш ларăвĕ хупăнать.

## Л. Н. Толстой çуралнăранпа 125 çул тултарнă тĕле

Сентябрĕн 7-мĕшĕнче государствăн Л. Н. Толстой музейĕнчи ученăй совечĕн юбилейлă ларăвĕ пулнă.

Ларăва музей директорĕн заместителĕ К. Н. Ломунов сăмах каласа уçнă. Вăл пирĕн çĕршыври ĕççынницем, пĕтĕм прогрессивлă этемлĕх Л. Н. Толстой çуралнăранпа 125 çул тултарнине анлăн уявланине палăртнă. Вырăссен аслă писателĕн гениллĕ произведенийĕсене халăх юратса вулать. Сăмах художникĕн чаплă произведенийĕсене Совет Союзĕнче миллионшар тиражпа кăлараççĕ. Толстой кĕнекисемпе Китайра та, халăх демократи çĕршывĕсенче те питĕ интересленеççĕ.

Ларура çавăн пекех «Толстой-художник», «Толстой буржуалла культура çинчен» ятлă докладсем итленĕ. (ТАСС).

## ЧӐВАШ АССР ВЕРХОВНӐЙ СОВЕЧӖН ЛАРӐВӖСЕМ

# Чӑваш АССР Верховнӑй Совечӗн Бюджет комиссийӗн председателӗ Я. Г. Маклашкин депутат тунӑ содоклад

Депутат юлташсем! Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн XIX-мӗш съезчӗн историллӗ решенийӗсене пурнӑҫласа, совет ҫӗршывӗнчи халӑхсем, пирӗн партин Центральнӑй Комитечӗ ӗслӗ ертсе пынипе, коммунизм тумалли ҫулпа ҫирӗппӗн малалла пыраҫҫӗ.

XIX-мӗш съезд ССР Союзне аталантармалли пиллӗкмӗш пилӗк ҫуллӑх план тӗлӗшпе панӑ директивӑсене ӗҫе кӗртсе пынипе пирӗн ҫӗршыв хуҫалӑхпа культура строительствинче ҫӗнӗ ҫитӗнӳсем тума пултарчӗ, халӑхӑн материальнӑй пурнӑҫне малалла лайӑхлатса пычӗ.

Партипе Правительство халӑх ырлӑхӗшӗн тӑрӑшни государство бюджечӗ тӑтӑшах ӳссе пынинчен, усӑн паларса тӑрать.

Чӑваш АССР-ӗн 1953 ҫулхи бюджечӗ пӗтӗмпе 348.735,2 пин тенкӗ пулмалла тесе палӑртнӑ, ҫакӑ вӑл вӑрҫӑ умӗнхи 1940 ҫулхи бюджетран 2,6 хут пысӑкрах, 1952 ҫулхи бюджетран 15.787,2 пин тенкӗ ытларах пулать.

Депутат юлташсем! Чӑваш АССР Министрӗсен Совечӗ Чӑваш АССР Верховнӑй Советӗнче ҫирӗплетме Чӑваш АССР-ӗн 1953 ҫулхи бюджетне тата 1952 ҫулхи бюджета пурнӑҫлани ҫинчен калакан отчета тӑратрӗ. Вӗсене Бюджет комиссийӗ пӑхса тухрӗ.

Бюджет комиссийӗ Верховнӑй Совета ҫакӑн ҫинчен пӗлтерме кирлӗ тесе шутлать: иртнӗ ҫулта республикӑн финанс органӗсем, район Совечӗсен исполкомӗсем, ҫавӑн пекех тата уйрӑм министерствӑсемпе ведомствӑсем бюджета пурнӑҫлас тӗлӗшпе ҫителӗксӗр ӗҫлеме пуҫларӗҫ, финанс планӗсене тата бюджет умӗнчи обязательствӑсене пӗтӗмпех пурнӑҫлама кирлӗ пек ӗҫлемерӗҫ. Ҫавна пула республикӑн 1952 ҫулхи бюджечӗ тупӑшсем енӗпе 97,7 процент, расходсем енӗпе 98 процент ҫеҫ пурнӑҫа кӗчӗ.

Сӑмӑл промышленноҫпа апат-ҫимӗҫ промышленноҫӗн министерстви, Чӑваш АССР Министрӗсен Совечӗ ҫумӗнчи Сул-йӗрпе транспорт хуҫалӑхӗн управленийӗ, Вӑрман хуҫалӑх управленийӗ, Культура министерствин кинофикаци пайӗ, Ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев министерстви, Суту-илӳ министерстви бюджета памалли укҫана чылай парса ҫитереймерӗҫ.

Бюджет комиссийӗ 1952 ҫулхи бюджета пурнӑҫлани ҫинчен калакан отчета, Чӑваш АССР Министрӗсен Совечӗ йышӑннине, пӗр улӑштармасӑр ҫирӗплетме сӗнет: бюджетра тупӑшсем—333.108 пин тенкӗ, расходсем—332.948 пин тенкӗ пулнӑ, 1953 ҫулхи январӗн 1-мӗшне бюджетри тепӗр ҫула куҫнӑ укҫа-тенкӗ пӗтӗмпе 14.280 пин тенкӗ пулнӑ.

1953 ҫулхи бюджетӑн тупӑшӗсемпе расхочӗсем ҫинчен калакан материалсене тата шутласа хунисене пӑхса тухса, Бюджет комиссийӗ ҫавна палӑртрӗ: Чӑваш Автономиллӗ Советлӑ Социализмлӑ Республикин бюджетне республика халӑх хуҫалӑхӗн 1953 ҫулхи планӗпе пӗтӗмпех килӗштерсе туса хатӗрленӗ.

Чӑваш АССР Министрӗсен Совечӗ палӑртнӑ тӑрӑх Чӑваш АССР-ӗн бюджетӗнче тупӑшсемпе расходсем пӗтӗмпе 348.735,2 пин тенкӗ, 1954 ҫулхи январӗн 1-мӗшне бюджетра тепӗр ҫула куҫмалли укҫа-тенкӗ пӗтӗмпе 14.218 пин тенкӗ пулмалла.

Чӑваш АССР бюджечӗн проекчӗ, Чӑваш АССР Верховнӑй Советӗнче пӑхса тухма тӑратнӑскер, республикӑн хуҫалӑхпа политикӑлла задачисене пӗтӗмпех пурнӑҫлама май парать. Бюджета республика промышленноҫне, вырӑнти промышленноҫа, ялхуҫалӑхне, пурӑнмалли ҫурт-йӗрпе коммунальнӑй хуҫалӑха, халӑха вӗрентес ӗҫе, сывлӑха сыхлас ӗҫе, социальнӑй обеспечени ӗҫне малалла лайӑхлатса пырас шутпа туса хатӗрленӗ.

Бюджет тупӑшӗсенче промышленноҫри тата халӑх хуҫалӑхӗн ытти отраслӗсенчи ӳсламран илекен укҫа-тенкӗ тата оборотран илекен налог тӗп вырӑн йышӑнса тӑрать. Кӑҫалхи бюджет уйрӑмлӑхӗ социализмла предприятисенчен укҫа-тенкӗ ытларах пухни тата халӑхран укҫа-тенкӗ пухасси чылай чакни пулать.

1953 ҫулта предприятисемпе хуҫалӑх организацийӗсен тӳлевӗсем 58.751 пин тенкӗ ӳсеҫҫӗ. Ҫав вӑхӑтрах государство заемӗсем сарнипе пухӑнакан тата халӑх тӳлекен укҫа-тенкӗ сумми чылай чакать.

Халӑхран укҫа-тенкӗ сахалтарах пухасси СССР правительстви кӑҫал ялхуҫалӑх налогне 44,6 процент чакарма йышӑннинчен тата государство заемӗн суммине икӗ хут ытла пӗчӗклетнинчен килчӗ.

Чӑваш АССР-ӗнчи ӗҫсыннисем, пӗтӗм совет халӑхӗ пекех, СССР Верховнӑй Совечӗн пиллӗкмӗш сессийӗ йышӑннӑ решенисене, пирӗн ҫӗршыври халӑхӑн материальнӑй пурнӑҫӗпе культурӑлла шайне хӑвӑрт ӳстерес тӗлӗшпе партипе правительство туса ирттерме палӑртнӑ ӗҫсене питӗ пысӑк хавхаланупа кӗтсе илчӗҫ.

Коммунистсен партийӗпе Совет Правительстви совет халӑхӗн культурӑпа пӗлӳ ытлӑвӗсене тивӗҫтересси ҫинчен ывӑнма пӗлмесӗр тӑрӑшаҫҫӗ. Чӑваш АССР бюджетӗнче халӑха вӗрентме, сывлӑха сыхлама, социальнӑй страховани, социальнӑй обеспечени валли тата физкультурӑпа аталантарма укҫа-тенкӗ нумай уйӑрса пама палӑртнӑ.

Бюджетри укҫа-тенкӗн виҫӗ пайӗнчен икӗ пайӗ ытла социально-культурӑллӑ ӗҫсем валли каять. Кӑҫал халӑха вӗрентме 1952 ҫулта расходланинчен 2.672 пин тенкӗ ытларах уйӑрса панӑ; халӑх сывлӑхне сыхлас тата физкультура ӗҫӗ валли 84.896 пин тенкӗ расходлама палӑртнӑ, ку вӑл 1952 ҫулта расходланинчен 9.352 пин тенкӗ ытларах пулать.

Кӑҫал халӑх хуҫалӑхӗн пур отраслӗсенче те капитальнӑй ӗҫсене пысӑккӑн туса пыраҫҫӗ. Капитальнӑй строительство валли бюджетран 16.625 пин тенкӗ уйӑрса памалла, ку вӑл, пӗлтӗрхипе танлаштарсан, 78,5 процент нумайрах пулать.

Ӗҫсыннисен пурнӑҫне лайӑхлатас ӗҫре пурӑнмалли ҫуртсем ытларах лартни пысӑк вырӑн йышӑнса тӑрать. Республика бюджетӗнче пурӑнмалли ҫуртсем лартма укҫа-тенкӗ уйӑрса парассине ӳстерме палӑртнӑ. Вырӑнти Советсен пурӑнмалли ҫуртсен фондне тӗпрен юсама укҫа-тенкӗ уйӑрса парасси икӗ хут ӳсет.

Депутат юлташсем! Бюджет комиссийӗ Чӑваш Автономиллӗ Советлӑ Социализмлӑ Республикин 1953 ҫулхи бюджетне Чӑваш АССР Министрӗсен Совечӗ палӑртнӑ чухлӗ тата ҫак улшӑнусене кӗртсе ҫирӗплетме сӗнет.

Бюджет комиссийӗ тупӑшсене 575 пин тенкӗлӗх ӳстерме сӗнет, вӑл шутра: суту-илӳ енӗпе—50 пин тенкӗ, ССР Союзӗн мӑшӑрланман, пӗччен пурӑнакан тата сахал йышлӑ ҫемьеллӗ гражданӗсенчен илекен налог енӗпе—215 пин тенкӗ; налогсӑр пуҫне пухакан тӗрлӗ тупӑшсем енӗпе—250 пин тенкӗ, выльӑх-чӗрлӗх усракансенчен пухакан тӳлевсем енӗпе—10 пин тенкӗ тата потребительсен кооперацийӗнчен илекен тупӑш налогӗ енӗпе—50 пин тенкӗ.

Ҫав улшӑнусене акӑ мӗне шута илсе кӗртмелле:

Чӑваш АССР Культура министерствин полиграфи промышленноҫӗ 1953 ҫулхи пӗрремӗш ҫур ҫулта накоплени тумалли плана чылай ирттерсе тултарчӗ, вӑл иккӗмӗш ҫур ҫулта та плана ирттерсе тултарма тата бюджета планран ирттерсе 150 пин тенкӗрен кая мар накоплени пама пултарать.

Чӑваш АССР Сывлӑх министерствин хуҫалӑх организацийӗсем (медснаб тата профилактикӑпа дезинфекци пайӗ) планран ирттерсе 80 пин тенкӗ услам илнӗ, ку укҫа-тенке маларах бюджета кӗртме палӑртман пулнӑ, халӗ ӑна бюджет тупӑшӗсене кӗртмелле пулать.

Чӑваш АССР Министрӗсен Совечӗ ҫумӗнчи Архитектура управленийӗн экспертиза бюровӗн тупӑшран 20 пин тенкӗ ытлашши юлнӑ, ҫав укҫа-тенке республика бюджетне кӗртмелле.

Суту-илӗве вӑйлатма правительство юлашки вӑхӑтра тавар фончӗсем ҫӗнӗрен хушса пачӗ, ҫакӑ вӑл накоплени ытларах тума май парать. Ҫавна май суту-илӳ бюджета паракан тупӑша 50 пин тенкӗ ӳстерме май пур.

Чӑвашпотребсоюз кӑҫал пӗрремӗш ҫур ҫулта тупӑшран налог тӳлесе бюджета 47 пин тенкӗ ытла пачӗ. Иккӗмӗш ҫур ҫулта хуҫалӑх ӗҫӗсем малалла вӑйланмалла тата ҫавна май планран ирттерсе накоплени тума пулать. Бюджет комиссийӗ бюджет тупӑшӗсене Чӑвашпотребсоюз енӗпе 50 пин тенкӗ ӳстерме май пур тесе шутлать.

РСФСР Верховнӑй Совечӗ йышӑннӑ решенипе килӗштерсе, ССР Союзӗн мӑшӑрланман, пӗччен пурӑнакан тата сахал йышлӑ ҫемьеллӗ гражданӗсенчен пухӑнакан налогран Чӑваш АССР бюджетне уйӑрса памалли укҫа-тенкӗ шутне 1 процент ӳстернине асра тытса, Бюджет комиссийӗ бюджет тупӑшӗсене 215 пин тенкӗ ӳстерме сӗнет. Бюджет комиссийӗ выльӑх-чӗрлӗх усракансенчен пухакан тӳлевсем тӑрӑх тупӑшсене 10 пин тенкӗ ӳстерме сӗнет.

Ҫав вӑхӑтрах Бюджет комиссийӗ оборотран илекен налог суммине республика бюджетӗнче 270 пин тенкӗ чакарма сӗнӳ парать.

Бюджет комиссийӗ хӑй ҫӗнӗрен палӑртнӑ 305 пин тенкӗ укҫа-тенке тупӑшсем расходсенчен ытларах пулчӑр тесе пама сӗнет.

Бюджет комиссийӗ Чӑваш АССР Верховнӑй Советӗнчен ҫав тӳрлетӳсене йышӑнма тата Чӑваш Автономиллӗ Советлӑ Социализмлӑ Республикин бюджетне тупӑшсем енӗпе—349.040,2 пин тенкӗ, расходсем енӗпе—348.735,2 пин тенкӗ ҫирӗплетме ыйтать, тупӑшсем расходсенчен 305 пин тенкӗ ытларах, 1954 ҫулхи январӗн 1-мӗшӗ тӗлне бюджетра юлакан укҫа-тенкӗ 14.218 пин тенкӗ пулаҫҫӗ.

Депутат юлташсем! Чӑваш АССР государство бюджечӗн тупӑшӗсене пухса ҫитересси партин XIX-мӗш съезчӗ халӑх хуҫалӑхӗн пур отраслӗсенче те перекетлӗх режимне ҫирӗп пӑхӑнса пымалли ҫинчен кӑтартса панине активлӑн, ҫине тӑрса пурнӑҫланинчен килет.

Кашни предприяти пысӑк пахалӑхлӑ продукци туса кӑлармалли плана тултарсан, продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетмелли задание пурнӑҫласа пырсан, хуҫалӑх расчетне пур майсемпе те ҫирӗплетсе, перекетлӗх режимне ҫирӗппӗн пӑхӑнса пырсан кӑна бюджета вӑхӑтра тата кирлӗ чухлӗ укҫа-тенкӗ парса тӑма пулать. Паллӑ ӗнтӗ, ӗҫ тухӑҫлӑхӗ тата продукцин хӑйне ларакан хакӗ предприятин пӗтӗм ӗҫӗсене кӑтартса паракан тӗп показательсем пулса тӑраҫҫӗ. Пирӗн республикӑри предприятисемпе организацисем нумайӑшӗ хӑйсен ӗҫӗсене тӑтӑшах лайӑхлатса пыраҫҫӗ, накоплени тумалли, тупӑш илмелли тата бюджета тӳлемелли плансене тултараҫҫӗ тата ирттерсе тултараҫҫӗ. Тӗслӗхрен, Шупашкарти макарон фабрики 1952 ҫулта продукцин хӑйне ларакан хакне 16,4 процент йӳнетнӗ тата планран ирттерсе 503 пин тенкӗ перекетленӗ. Етӗрнери ҫу завочӗ продукцин хӑйне ларакан хакне, планпа 3 процент йӳнетмелле пулнӑ пулсан, 4 процент йӳнетнӗ. Канаш хулинчи промкомбиначӗ, Сӗмӗрле районӗнчи промкомбинат тата ыттисем те ҫак тӗлӗшпе задачӑна ӑнӑҫлӑ пурнӑҫланӑ.

Ҫапах та продукцин хӑйне ларакан хакне малалла йӳнетмелли майсемпе нумай предприятисем туллин усӑ курмаҫҫӗ.

Продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетме пулӑшакан майсене министерствӑсемпе ведомствӑсем тивӗҫлипе тишкермеҫҫӗ.

Производствӑна механизацилес тӗлӗшпе питӗ сахал ӗҫлеҫҫӗ, ҫавна пула нумай предприятисемпе артельсенче ытларах алӑпа ӗҫлеҫҫӗ. Уйрӑм предприятисем, продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетес вырӑнне, хаклӑлатаҫҫӗ. Сӑмахран, Улатӑрти кирпӗч завочӗ 1952 ҫулта продукцин хӑйне ларакан хакне 11,4 процент, Шупашкарти кирпӗч завочӗ—4,6 процент ӳстернӗ. План тӑрӑх, вӗсен продукцин хӑйне ларакан хакне 11,1 процент чакармалла пулнӑ. Чӑваш АССР Министрӗсен Совечӗ ҫумӗнчи Строительство материалӗсем тӑвакан промышленность управленийне пӑхӑнса тӑракан предприятисем пӗтӗмӗшпе продукцин хӑйне ларакан хакне 20,5 процент ӳстернӗ. Продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетмелли задание пурнӑҫламанни тӗп сӑлтавӗсенчен пӗри вӑл ҫав предприятисенче технологи тата производство дисциплинине вӑйсӑрлатни пулать. Ҫеҫ юрӑхсӑр продукци туса кӑларнипе кӑҫалхи улттӑ уйӑх хушшинче Ивановӑри кирпӗч завочӗ 77 пин тенкӗ, Шупашкарти кирпӗч завочӗ 44,8 пин тенкӗ усӑсӑр тӑкак тунӑ.

Малалла Я. Г. Маклашкин депутат халӑха кирлӗ таварсем туса кӑларас тӗлӗшпе Вырӑнти тата топливо промышленность министерствин, Сӑмӑл тата апат-ҫимӗҫ промышленность министерствин, вырӑнти тата коопераци промышленноҫӗн предприятийӗсен ӗҫӗнчи ҫитменлӗхсене хытӑ критиклет. Вырӑнти тата топливо промышленность министерстви кӑҫалхи 8 уйӑх хушшинче чи кирлӗ 31 йышши тавартан 11 йышши тавар тӑрӑх кӑна плана тултарнӑ. Ҫак министерство халӑха 7.127 мӑшӑр ҫӑматӑ, 550 вӗллӗ, 908 хут купӑс, 227 пин кирпӗч, 1.284 ҫуна парса ҫитереймен. Промысла кооперацийӗ 27 апаларан плана 13 япала тӑрӑх кӑна тултарнӑ. Вӑл халӑха 318 пин кирпӗч, 20 тонна чугунтан шӑратнӑ апала, 5.400 утюг, 942 пин тенкӗлӗх сӗтел-пукан, 430 пин тенкӗлӗх алюминирен тунӑ савӑт-сапа, 97,5 тонна цинкланӑ тимӗртен тунӑ савӑт-сапа парса ҫитереймен.

Вырӑнти тата топливо промышленность министерствин тата Чӑвашпромсовет правленийӗн халӑха кирлӗ таварсем туса кӑларассине ӳстерес тата продукци пахалӑхне лайӑхлатас тӗлӗшпе татӑклӑ ӗҫсем тӑвас пулать.

Чӑваш АССР бюджетне пухӑнмалли тупӑшсенче суту-илӳ организацийӗсен ӳсламӗнчен илекен укҫа-тенкӗ чылай пысӑк вырӑн йышӑнать. Анчах Чӑваш АССР Верховнӑй Совечӗн виҫҫӗмӗш сессийӗнче депутатсем Суту-илӳ министерствипе Чӑвашпотребсоюз ӗҫӗнчи ҫитменлӗхсем ҫинчен калани сем ҫителӗксӗр пурнӑҫланаҫҫӗ.

1952 ҫулта Суту-илӳ министерствипе Чӑвашпотребсоюз, иртнӗ ҫулсенчи пекех, тавар ҫаврӑнӑшӗн планне тултараймарӗҫ. Суту-илӳ министерствине пӑхӑнса тӑракан организацисем плана 95 процент, Чӑвашпотребсоюз—94,25 процент тултарнӑ.

Суту-илӳ министерстви бюджет умӗнчи хӑйӗн обязательствине ҫултан-ҫул пурнӑҫламасть. 1952 ҫулта вӑл бюджета укҫа хывмалли плана 88 процент ҫеҫ тултарнӑ. Бюджета укҫа хывмалли плана тултарманни Суту-илӳ министерстви депутатсем критиклени ҫине тимлӗ пӑхманнинчен, тавар илекенсен ыйтӑвӗсене тивӗҫтерме тӑрӑшманнинчен, укҫа-тенкӗпе пурӑнӑха перекетлӗн тыткалассишӗн ялӑх кӗрешнинчен ҫеҫ килет.

Чӑваш АССР Суту-илӳ министерстви хӑйӗн финанс ӗҫне лайӑхлатас тӗлӗшпе кӑҫал та палӑрмалла улшӑнусем тӑвайман. 1953 ҫулхи пӗрремӗш ҫур ҫулта тавар ҫаврӑнӑшӗнчи тӑкаксем каллех планпа палӑртнинчен 363,5 пин тенкӗ нумайрах пулнӑ. Планра палӑртман тӑкаксем (штрафсемпе пенисем) 501 пин тенке ҫитнӗ.

1952 ҫулта уйрӑмах Чӑвашторг усӑсӑр пысӑк тӑкаксем тунӑ. Ҫав тӑкаксем 1 миллион та 207 пин тенке ҫитнӗ.

Потребительсен кооперацийӗ бюджета укҫа хывмалли плана тултарнӑ. Анчах унта та потребительсен кооперацине сиен кӳрекен усӑсӑр тӑкаксем пысӑк пулаҫҫӗ. Кӑҫал улттӑ уйӑх хушшинче кӑна тавар ҫаврӑнӑшӗнчи тӑкаксем планпа палӑртнинчен 990 пин тенкӗ ытларах, планра палӑртман тӑкаксем—1.084 пин тенкӗ пулнӑ. Кунсӑр пуҫне, растратӑсемпе ҫаратусем 1.021 пин тенкӗ чухлӗ пулнӑ.

Депутат юлташсем! Халӗ суту-илӳ организацийӗсем умне уйрӑмах пысӑк требованисем кӑларса тӑратаҫҫӗ. Вӗсен халӑха нур таварсемпе те татти-сыпписӗр тивӗҫтермелле. Анчах суту-илӳ организацийӗсем халӑхӑн ӳссе пыракан ыйтӑвӗсене туллин тивӗҫтермеҫҫӗ, тавар ҫаврӑнӑшӗн планне тӑтӑшах тултармаҫҫӗ. Халӑха мӗнле йышши апаласем кирлине пӗлсе тӑманнипе пула, тавар кӳрсе килессине тӗрӗс мар йӗркелеҫҫӗ. Ҫавна пула хӑшпӗр вырӑнта таварсем ытлашши нумай, тепӗр вырӑнта хӑшпӗр тавар сахал пулать.

Тӗрӗслесе пӑхнӑ хыҫҫӑн ҫакӑ паларнӑ: юлашки вӑхӑтра Шупашкар хулинчи чылай магазинсенче (19-мӗш, 11-мӗш, 1-мӗш магазинсенче) шӑрпӑк, кӗпе ҫуманни супӑнь, махорка, йӳнӗ пирусем тата ытти таварсем те пулман.

Магазинсемпе ларексенче ялӑх пӗҫерне сӑхӑр сутаҫҫӗ. Вулле тата шурӑ ҫӑнӑхран пӗҫерне ытти апат-ҫимӗҫ сахал.

Совет суту-илӗвӗн йӗркисене пӑснӑ фактсем пӗтмен. Государство суту-илӗвӗн инспекцийӗ тӗрӗсленӗ 1.375 магазинсемпе ларексенчен 541 магазинпа ларекра совет суту-илӗвӗн йӗркисене пӑснине палӑртнӑ. Вӑл шутра: юрӑхсӑр тарасасемпе усӑ курнӑ тӗслӗхсем 414, таварсене тӗрӗс мар виҫсе панӑ тата тавар илекенсене улталанӑ тӗслӗхсем 54 пулнӑ.

Потребительсен кооперацийӗнчи магазинсемпе ларексенче те совет суту-илӗвӗн йӗркисене нумай пӑсаҫҫӗ.

Чӑваш АССР Суту-илӳ министрӗн Малышев юлташӑн тата Чӑвашпотребсоюз правленин председателӗн Балашов юлташӑн асӑннӑ ҫитменлӗхсене пӗтерме тата СССР Верховнӑй Совечӗн пиллӗкмӗш сессийӗнче Маленков юлташ кӑтартса панӑ тӑрӑх тавар ҫаврӑнӑшне пур майсемпе те аталантарма тивӗҫлӗ мерӑсем йышӑнмалла.

Совет ҫыннисен пурнӑҫпа ӗҫлӗ условийӗсене лайӑхлатас ӗҫре ӗҫсыннисене медицина пулӑшӑвӗ парасси пысӑк вырӑн йышӑнать. Сывлӑх учрежденийӗсем ӑнӑҫлӑ ӗҫлесси пуринчен ытла бюджетран уйӑрса паракан укҫа-тенкӗпе туллин тата тӗрӗс усӑ курнинчен килет. Анчах Чӑваш АССР Сывлӑх министерстви 1952 ҫулта бюджетран уйӑрса панӑ укҫа-тенкӗпе пӗтӗмпех усӑ курман. Пурӗ вӑл 5.477 пин тенкӗ укҫапа, вӑл шутра эпидемисене хирӗҫ кӗрешме тата санитари авиацийӗне усӑ курма уйӑрса панӑ укҫаран 3.067 пин тенкипе, семҫе инвентарь туянма уйӑрса панӑ укҫаран—328 пин тенкипе, ҫуртсене тӗпрен юсама уйӑрса панӑ укҫаран—201 пин тенкипе усӑ курман.

Халӑха медицина пулӑшӑвӗ парас ӗҫе лайӑх йӗркелесси тата ҫав пулӑшӑвӑн пахалӑхӗ медицина кадрӗсем мӗнле ӗҫленинчен нумай килет. Анчах республикӑра врачсем ӗҫлемелли вырӑнсенчен 61,5 процентне, ялсенче—ҫав вырӑнсен 58 процентне ҫеҫ врачсем уйӑрса лартнӑ. Советски, Шӑмӑршӑ, Сӗнтӗрвӑрри районӗсенчи медицина учрежденийӗсенче ӗҫлеме тивӗҫлӗ врачсенчен ҫурри те ҫук. Ҫавна пула республикӑри врачсенчен чылайӑшӗ пӗр вӑхӑтрах ик-виҫ вырӑнта ӗҫлет. Пӗр вӑхӑтрах темиҫе вырӑнта ӗҫлес пирки Сывлӑх министерстви кирлӗ пек йӗрке туман. Хӑшпӗр работниксем 5 должность таран йышӑнса йӗркесӗр хӑтланнӑ тӗслӗхсем пур.

Сывлӑх министерствинче кадрсем суйласа илес тата ӗҫе вырнаҫтарас тӗлӗшпе пысӑк ҫитменлӗхсем пур. Работниксем тата ертсе пыракан вырӑнти кадрсем часчасах улшӑнса тӑраҫҫӗ.

Сывлӑх министерствин бюджетри укҫа-тенкӗпе усӑ курас ӗҫри, медицина кадрӗсене вырнаҫтарса тухас, воспитани парас тата вӗрентсе хатӗрлес ӗҫри ҫитменлӗхсене пӗтермелле, ку енӗпе кирлӗ ӗҫсене тумалла.

Партипе правительство халӑх пурнӑҫне малалла лайӑхлатса пырас тӗлӗшпе лартнӑ задачӑсене пурнӑҫласси районсен тата ялсен бюджечӗсене пур енӗпе те ӑнӑҫлӑ тултарса пынинчен нумай килет. Район Совечӗсемпе ял Совечӗсен нумай исполкомӗсем финанспа хуҫалӑх ӗҫне лайӑх йӗркелеме тӑрӑшрӗҫ, бюджета тупӑшсем енӗпе те, расходсем енӗпе те ӑнӑҫлӑ пурнӑҫларӗҫ, укҫа-тенкӗпе тӗрӗс усӑ курчӗҫ.

Ҫав вӑхӑтрах район Совечӗсен исполкомӗсенчен чылайӑшӗ финанс ӗҫне ҫителӗксӗр ертсе пычӗҫ, бюджета тупӑшсем енӗпе пурнӑҫлаймарӗҫ. Ҫавна пула вӗсем бюджетра палӑртнӑ пысӑк ӗҫсене пурнӑҫлама—халӑха вӗрентес ӗҫ, ялхуҫалӑхӗ, сывлӑха сыхлас ӗҫ, культурӑпа сутӗҫ валли кирлӗ чухлӗ укҫа парса тӑраймарӗҫ.

Районсен тата ялсен бюджечӗсем хуҫалӑхпа культура строительствинче пысӑк вырӑн йышӑнса тӑраҫҫӗ. Чӑваш АССР Финанс министерствин тата Чӑваш АССР Министрӗсен Совечӗн район Совечӗсемпе ял Совечӗсен исполкомӗсене бюджета пурнӑҫлас ӗҫре ытларах пулӑшмалла, бюджета пурнӑҫлас ӗҫ мӗнле пынине лайӑхрах тӗрӗслесе тӑмалла, пӗтӗм укҫа-тенкӗне тӗрӗс тата кирлӗ пек расходлассине, бюджета тупӑшсем енӗпе тултарассине тата ирттерсе тултарассине пӗтӗмпех пурнӑҫа кӗртмелле.

Республикӑн Финанс министерстви тата унӑн вырӑнти органӗсем бюджета пурнӑҫлас тӗлӗшпе хуҫалӑх планӗсене тултарас ӗҫ мӗнле пынине тӗрӗслесе тӑрассине вӑйлатма, шалти ресурссене мобилизацилес енӗпе ытларах ӗҫлеме тивӗҫлӗ. Финанс органӗсен укҫа-тенке перекетлӗн расходлас, социализмла предприятисене ытларах тупӑш илекен тӑвас тӗлӗшпе ӗҫ мӗнле пынине хытӑ асӑрхаса тӑрас пулать.

Министерствӑсемпе ведомствӑсем, финанс органӗсем бюджета пурнӑҫлас енӗпе хуҫалӑх организацийӗсемпе предприятисенчен хытӑрах ыйтма, государство дисциплинине ҫирӗппӗн пурнӑҫласа пымалла тума тивӗҫлӗ, хуҫалӑх организацийӗсемпе предприятисен бюджет умӗнче парӑм ан пултӑр.

Депутат юлташсем! Чӑваш АССР бюджечӗ республикӑри ӗҫсыннисен пурнӑҫне хӑвӑрт малалла лайӑхлатса тата культурӑна ӳстерсе пыма май парать. Вӑл пултарулӑх та кирлӗ ӗҫӗн бюджечӗ пулса тӑрать.

Пирӗн республикӑри ӗҫсыннисем Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗпе тӑван Совет правительстви тавра таччӑн пӗтӗҫсе тӑраҫҫӗ. Вӗсем государствӑн халӑх хуҫалӑхне аталантармалли плансене ӑнӑҫлӑ тултарма пӗтӗм вӑя хураҫҫӗ, ҫапла вара хамӑрӑн аслӑ Тӑван ҫӗршывӑн хӑватне тӗреклетме пулӑшаҫҫӗ.




Райисполкомсемпе КПСС райкомӗсем тӑратнӑ тӑрӑх, тырпул пухса кӗртес тӗлӗшпе ӑнӑҫлӑ ӗҫленӗшӗн тата государствӑна тырӑ памалли обязательствӑсене срокчен пурнӑҫланӑшӑн Чӑваш АССР Министрӗсен Совечӗпе КПСС обкомӗн бюровӗ ҫак колхозсене республикӑри Хисеп хӑми ҫине кӗртме йышӑннӑ:

**ЭЛӖК РАЙОНӖ ТӐРӐХ**

54. Карл Маркс ячӗпе тӑракан колхоз (председателӗ И. Т. Трофимов юлташ, парторганизаци секретарӗ И. И. Ефимов юлташ).

55. Калинин ячӗпе тӑракан колхоз (председателӗ С. П. Петров юлташ, парторганизаци секретарӗ Р. Д. Данилов юлташ).

56. «Трудовик» колхоз (председателӗ И. К. Кузьмин юлташ).

**КРАСНОАРМЕЙСКИ РАЙОНӖ ТӐРӐХ**

57. «Красное Сормово» колхоз (председателӗ Г. Х. Карташев юлташ, парторганизаци секретарӗ И. А. Алексеев юлташ).

58. «Коминтерн» колхоз (председателӗ И. Е. Ефимов юлташ, парторганизаци секретарӗ В. И. Иванов юлташ).

59. Мичурин ячӗпе тӑракан колхоз (председателӗ Л. Д. Львов юлташ, парторганизаци секретарӗ Ф. П. Павлов юлташ).

60. «Герой» колхоз (председателӗ Н. П. Харитонов юлташ, парторганизаци секретарӗ Ф. П. Павлов юлташ).

61. Сталин ячӗпе тӑракан колхоз (председателӗ М. Е. Волков юлташ, парторганизаци секретарӗ В. И. Иванов юлташ).

62. Жданов ячӗпе тӑракан колхоз (председателӗ А. М. Матвеев юлташ, парторганизаци секретарӗ О. Е. Егорова юлташ).

63. Буденный ячӗпе тӑракан колхоз (председателӗ Г. М. Шариков юлташ, парторганизаци секретарӗ К. А. Афанасьев юлташ).

64. «Сталинец» колхоз (председателӗ Е. Л. Лукин юлташ, парторганизаци секретарӗ В. А. Синичкин юлташ).

65. «Красная Шатьма» колхоз (председателӗ А. И. Иванов юлташ, парторганизаци секретарӗ Н. Г. Григорьев юлташ).

66. «Коммунизм» колхоз (председателӗ В. Г. Григорьев юлташ, парторганизаци секретарӗ В. П. Порфирьев юлташ).

67. «Волга» колхоз (председателӗ С. Ф. Филиппов юлташ, парторганизаци секретарӗ М. И. Иванов юлташ).

## Елчӗк районӗ государствӑна тырӑ памалли плана тултарчӗ

ЕЛЧӖК, сентябрӗн 5-мӗшӗ. (Телеграфпа). Елчӗк районӗнчи колхозсем сентябрӗн 4-мӗшӗ тӗлне государствӑна тырӑ памалли плана тултарчӗҫ. МТС ӗҫлесе панӑшӑн натуроплата тӳлемелли счетсем тӑрӑх государствӑна тырӑ парас ӗҫ малалла пырать.

## Авӑн ҫапас тата техникӑлла культурӑсене пухса кӗртес ӗҫе хӑвӑртлатмалла

ЙЕПРЕҪ. Районти чылай колхозсем ӑнса пулнӑ тырпула тата техникӑлла культурӑсене вӑхӑтра пухса кӗртессишӗн тӑрӑшса ӗҫлерӗҫ.

«Х лет Октября» колхозра 564 гектар ҫинчи тырпула пӗр тӑкаксӑр пухса капана хывнӑ. Авӑн ҫапас тӗлӗшпе те колхоз районта малта пырать, сентябрӗн 2-мӗшӗ тӗлне авӑн ҫапмалли плана 95 процент тултарнӑ. Ку колхозра йӗтӗн тата махоркӑна пухса кӗртес ӗҫе те вӑхӑтра турӗҫ. «Большевик», «Новая жизнь», Ворошилов ячӗпе тӑракан колхозсенче те ҫак ӗҫсем ӑнӑҫлӑн иртеҫҫӗ.

Анчах районӗпе илсен тырпула капана хывас, авӑн ҫапас тата техникӑлла культурӑсене пухса кӗртес ӗҫ ҫителӗксӗр пырать.

Киров ячӗпе тӑракан колхозра иртнӗ ҫулта ҫуртрисене тата йӗтӗне вӑхӑтра пухса кӗртмен пирки пысӑк тӑкаксем пулчӗҫ. Кӑҫал те кунта вырнӑ тырӑсене ҫуррине кӑна капана хывнӑ, авӑн ҫапмалли плана 33 процент тултарнӑ. Ҫуртрисене йӗтӗн акмалли плана ирттерсе тултарнӑ, пухса кӗртес ӗҫ вара ҫителӗксӗр пырать.

Ҫавӑн пекех тырпула капана хывас, авӑн ҫапас тата техникӑлла культурӑсене пухса кӗртес ӗҫ «Заря», «Правда», «Гвардеец», Мичурин ячӗпе тӑракан, «Красный фронтовик» тата ытти чылай колхозсенче те ҫителӗксӗр пырать.

Йӗтӗн татса кӗртмелли плана районти 21 колхозран 7 колхоз кӑна тултарнӑ.

Авӑн ҫапас тата техникӑлла культурӑсене пухса кӗртес ӗҫе пур майсемпе те хӑвӑртлатни кирлӗ.

Г. РУСАНОВ.
И. ПАВЛОВ.

## Ырӑ пулӑшу

ЧУРАЧӐК. Сталин ячӗпе тӑракан колхоз государствӑна тырӑ памалли плана августӑн 28-мӗшӗ тӗлне тултарчӗ.

Колхоз хӑй государствӑна тырӑ парса татнипе лӑпланмасть, вӳршӗ колхозсене те пулӑшать. «Большевик» колхоза автомашинӑпа тырӑ турттарма пулӑшрӗ. Халӗ автомашинӑсемпе «Герой» колхоза государство складне тырӑ леҫме пулӑшать.

Е. ИЛЬИН.

## Ҫӗнӗ кӗнеке

Чӑваш АССР государство издательстви колхозсенче агрозоотехникӑна вӗренмелли виҫӗ ҫуллӑх курссенче вӗренекенсем валли «Ҫӗрҫӗп никӗсӗсем» ятлӑ кӗнеке пичетлесе кӑларнӑ.

Кӗнекене виҫӗ ҫуллӑх курсра пӗррремӗш ҫул вӗрентмелли программа тӑрӑх ҫырса хатӗрленӗ. Ӑна вырӑсларан куҫарнӑ. Кӗнекере пурӗ 13 сыпӑк.

Чӑвашла кӑларнине Чӑваш АССР Ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев министерствин пропаганда управленийӗ ҫирӗплетнӗ.

Кӗнекере 486 стр., тиражӗ 3.000 экз., хакӗ 7 т. 10 п.

## „Ялав“ журналӑн черетлӗ номерӗ

Ҫак кунсенче Чӑваш совет писателӗсен союзӗ кӑларакан «Ялав» журналӑн черетлӗ, 7-мӗш номерӗ пичетленсе тухрӗ.

Журнал В. В. Маяковский поэт портречӗпе уҫӑлать. Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗ аллӑ ҫул тултарнӑ май «Тӑван парти» ятлӑ умстатья пичетленӗ.

Журналта В. В. Маяковский ҫырнӑ «В. И. Ленин» поэмӑн сыпӑкӗ, «Эпӗ Америкӑна уҫни» ятлӑ произведенин малалли. В. Долгов В. В. Маяковские куҫарни ҫинчен ҫырнӑ «Улӑп» ятлӑ статья пысӑк вырӑн йышӑнаҫҫӗ.

Журналта июлӗн 5-мӗшӗнче Шупашкарта юрӑ праҫникӗ мӗнле иртни ҫинчен Аркадий Эсхель ҫырнӑ очерка пичетленӗ.

Кунсӑр пуҫне журналта В. Садайӑн «Ҫиленме сӑлтав ҫук» ятлӑ калавӗ, В. Г. Короленко ҫырнӑ «Пӗр самант» ятлӑ очерк, Н. Г. Чернышевский ҫуралнӑранпа 125 ҫул ҫитнӗ май статья пичетленнӗ.

Журнал хупласшӗнче темиҫе тӗслӗ ӳкерчӗк пичетлесе кӑларнӑ.

## Ватӑ композитор

КАЛИНИНО. Сидор Ефимович Слонова районта пӗлмен ҫын ҫук та пулӗ. Ӑна ҫитӗннисем кӑна мар, пуҫласа шкула ҫӳрекен ачасем те лайӑх пӗлеҫҫӗ. Слонов юлташ Элмен ялӗнче, чухӑн хресчен килйышӗнче ҫуралса ӳснӗ. Утмӑл ҫултан иртнӗ ӗнтӗ вӑл. Ӗлӗкхи йывӑр та тертлӗ саманара шкулта вӗренме пултарайман, ҫывӑх юлташӗсем пулӑшнипе кӑна вулама-ҫырма вӗреннӗ. Вӑл ача чухнех халӑх юрри-кӗввисене юрлама вӗреннӗ, сӗрме купӑс тулисан халӑх юррисене нотӑсемпе ҫырма тытӑннӑ.

Совет влаҫӗ пулсан С. Е. Слонов юлташ шкулсенче юрӑ ӗҫне вӗрентекен учитель пулса ӗҫлеме тытӑннӑ. Халӑх юрри-кӗввисене ҫырса илнӗ, хӑй тӗллӗн ҫӗнӗ юрӑсем ҫырнӑ.

1927 ҫулта вӑл хӑй ҫуралнӑ ялта 30 ҫынран хор организациленӗ.

Кӑҫал Слонов юлташ икӗ колхозра ҫӗнӗ хор коллективӗсем организацилерӗ. «Трактор» колхозри хор коллективӗ Шупашкарти юрӑ уявне хутшӑнма тивӗҫлӗ пулчӗ.

Слонов юлташ халӗ те Калининӑри вӑтам шкулта юрӑ вӗрентекен учитель пулса ӗҫлет. Ҫав вӑхӑтрах ачасен ҫуртӗнче музыка грамотине вӗрентет. Вӑл час-часах колхозсенче пулать. Ватӑ композитор юлашки вӑхӑтра ҫӗнӗ юрӑсем ҫырнӑ. «Ҫутӑ ҫул», «Хӗрсем хӗрсех ӗҫлеҫҫӗ» тата ытти юрӑсене ҫамрӑксем кӑмӑлласа юрлаҫҫӗ.

Хӑй тӗллӗн вӗреннӗ ватӑ композитора С. Е. Слонов юлташа чӑвашсен паллӑ композиторӗсем Ф. Лукин па Г. Лебедев юлташсем нумай пулӑшаҫҫӗ.

Н. КУЗЬМИН.

# Л. Н. Толстой—вырăс халăхĕн аслă писателĕ

## Çуралнăранпа 125 çул тултарнă май

Сентябрĕн 9-мĕшĕнче совет халăхĕ, пĕтĕм прогрессивлă этемлĕх вырăс халăхĕн аслă писателĕ Л. Н. Толстой çуралнăранпа 125 çул тултарнине палăртрĕçĕ.

Л. Толстой творчестви вырăсен XIX-мĕш ĕмĕрти критикăлла реализмĕ чи çÿлĕ тапхăра çитсе тăни пулнă. Хăйĕн произведенийĕсенче Толстой пысăк ыйтусем нумай кăларса тăратнă, художество тĕлĕшĕнчен те вăл çÿлĕ вырăнта тăнă. Çавсене пула унăн произведенийĕсем тĕнчери илемлĕ литературăра малти вырăнсенчен пĕрне йышăнчĕç. Толстойăн «Война и мир», «Анна Каренина», «Воскресение» ятлă генилле ĕçсем пĕтĕм тĕнчипе паллă произведенисем пулса тăчĕç.

Хăй вăхăтĕнчи сивĕч те тĕп ыйтусене хытă интереслении, хăйĕн произведенийĕсенче нумай миллионлă халăх массисен шухăшĕсене, туйăмĕсене, ĕмĕчĕсене кăтартса пама пултарни, сăмах ăсти пулса тăни—çаксем пурте Толстой творчествине пĕтĕм тĕнчипе пысăк пĕлтерĕшлĕ историллĕ ĕç пулса тăма май пачĕç.

«Л. Толстой пурăннă самана, унăн генилле илемлĕ произведенийĕсенче тата унăн вĕрентĕвĕнче уççăн палăрса тăнă самана,—тесе çырнă Ленин,—вăл 1861 çул хыççăнхипе 1905 çулччен хушши самана пулса тăрать. Чăнах та, Толстой литература енĕпе çак тапхăр пуçланиччен маларах ĕçлеме тытăннă тата çак тапхăр вĕçленнĕ хыççăн каярах ĕçлеме чарăннă, анчах Л. Толстой шăпах та çак тапхăрта художник тата мыслитель пулса çитĕнсе çитнĕ, çак улшăну тапхăрĕн характерĕ вара Толстой произведенийĕсен тата «толстовщинăн» мĕнпур паллă енĕсене пуçласа янă» (Соч., 17 том, 29 стр.).

Реформа хыççăнхи, анчах та революци умĕнхи саманара, Российăра буржуаллă-демократилле революци хатĕрленнĕ саманара, Толстой патриархальнăй хресченсен нумай миллионлă массисен интересĕсене палăртса тăракан çын пулнă. Унăн произведенийĕсенче хресчен массисем хăйсене чуралантарса, çĕрсĕр хăварса пынине хирĕç, крепостной йĕрке юлашкисемпе капитализмла эксплуатацие хирĕç, буржуалла-помещикла государствăна, суда, чиркĕве хирĕç, капитализмла агрессипе милитаризма хирĕç хĕрÿллĕн протест туни палăрса тăнă. Толстой, Ленин каланă тăрăх, хăйĕн произведенийĕсенче реформа хыççăнхи Россия умне пурнăç кăларса тăратнă демократипе социализмăн конкретлă ыйтăвĕсене çутатать. Шăпах та çавăнпа ĕнтĕ вăл вырăс революцийĕн тĕкĕрĕ пулса тăнă. Çавăнпа пĕрлех Ленин çакна та палăртнă: Толстой вырăссен пĕрремĕш революцийĕн вăйлă енĕсене кăна мар тата унăн вăйсăр енĕсене те палăртнă. Хресченсем кая юлни, пассивлă пулни, политика тĕлĕшĕнчен воспитани илменни, çемçе кăмăллă пулни—çаксем вĕсем «революциллĕ пĕрремĕш кампани поражени тÿсния пысăк сăлтавĕ» пулнă. Толстой шухăшĕсен вăйсăр енĕсем, вăл усала хирĕç вăйпа кĕрешме кирлĕ мар, çынсен ăс-тăнĕ хăй тĕллĕн лайăхланса пырать тесе вĕрентекен теори çавăнтан килнĕ ĕнтĕ.

Хăйĕн творчествинче Толстой Россия пурнăçĕн пĕр пĕтĕм саманине кăтартса панă. Вăл çулăмлă патриот тата нацилле писатель пулнă. Вăл чылай произведенийĕсенче вырăс халăхĕн пултарулла вăйне, ăс-хакăлне мухтава кăларнă. 1854—1855 çулсенче Севастополе хÿтĕлес ĕçе активлăн хутшăнса, Англи, Франци, Турци хупăрласа илнĕ хулана «патриотизм шухăшĕпе» пынă Толстой вырăс салтакĕсемпе матросĕсем мĕн пек пысăк паттăрлăх кăтартма пултарнине курса ĕненнĕ. Толстой Севастополь çинчен çырнă калавсенче Севастополе хÿтĕленĕ çынсен паттăрлăхне, вилĕм умĕнче хăраса тăманнине сăнласа парать.

«Севастополь декабрь уйăхĕнче» ятлă калавра Толстой çапла çырнă: «Севастополĕн çак эпопеи Российăра нумайлăха тарăн йĕрсем хăварать. Çак эпопея геройĕ вырăс халăхĕ пулнă».

«Война и мир» ятлă эпопея геройла пафоса палăрса тăрать. Генилле художник 1812 çулхи Отечественнăй вăрçăн тĕп паллине—вăл халăх вăрçи пулнине ăнланса илсе тĕплĕн çутатнă. Толстой «Война и мир» романра хăй «халăх шухăшне юратни» çинчен калать. Толстой чĕререн ĕненнĕ тăрăх, халăх—историе малалла илсе пыракан вăй, Отечественнăй вăрçăн чăн-чăн геройĕ пулса тăрать. Вăрçăра халăх хăйĕн нацилле тивĕçĕпе никама пăхăнманлăхне хÿтĕлесе хăварнă. «Халăх вăрçин чукмарĕ хăйĕн пĕтĕм хăрушă та чаплă вăйĕпе çĕкленчĕ те, никамăн тути-масипе правилисене ыйтса тăмасăр, айванла, анчах вырăнлă, нимĕне тиркĕсе тăмасăр çĕкленчĕ те, тăшман тапăнса килесси пĕтес лариччен французсен пуçĕсем çине сулăнса-сулăнса анчĕ, ăна çĕр сумне пăталаса лартрĕ», тесе çырнă Толстой.

Халăх патне çывхарни, романри дворянсен хушшинчен тухнă геройсене пĕтĕм наци интересĕсем патне çывхартни—вĕсен пурнăçне пысăк содержаниллĕ тăвать, вĕсене ăс-хакăл тĕлĕшĕнчен пуянлатать. Шăпах та çавăнпа ĕнтĕ Толстой хăйĕн геройĕсене вĕсем халăхпа мĕн таран тачă тăни енчен илсе хаклать. «Война и мир» романра халăхăн патриотла çĕкленĕвне тата дворянсен чи лайăх представителĕсене тĕплĕн те витĕмлĕн çырса кăтартса, Толстой патша çумĕнчи сăмах ваклама юратакансене, икĕпитлĕ çынсене, тăван çĕршыв кун-çулĕ çине тимсĕррĕн пăхакан çынсене питлет.

Толстой каярахпа çырнă произведенийĕсенче халăх çинчен тăракан ыйту, унăн экономикăлла пурнăçĕпе историллĕ кун-çулĕ çинчен тăракан ыйту тата пысăкрах вырăн йышăнать. Социальнăй хирĕçÿсем тарăнланса пыни, Российăра капитализмла хутшăнусем аталанса пынă май халăх массисем нихçанхинчен те ытла юхăнса пыни—çаксем пурте писателе хăйĕн тавра пулса пыракан ĕçсем çине тимлĕн пăхтараççĕ. «Анна Каренина» романра Толстой помещиксемпе хресченсен интересĕсем пĕр-пĕрне хирĕçле тăнине ĕненесси патне пырса тухать. Унăн каярахпа çырнă произведенийĕсенче пуринче те тенĕ пекех тĕп вырăнта тăракан тема вăл,—пĕр енчен, хуçасен пуянлăхĕ, чаплăхĕ, харам пурнăçĕ, тепĕр енчен, ĕç халăхĕн чухăнлăхĕ, [illegible], йывăр, ирĕксĕр ĕçĕ пулать.

Критикăлла реализм литературинче Толстой этем пурнăçĕнче ĕç пысăк вырăн йышăнса тăнине никамран та лайăхрах çирĕплетсе панă. Материальнăй пурлăх тăвакан, пурнăç тăвакан ĕç халăхĕн пурнăçĕ кăна, Толстой шучĕпе, аслă тĕллев тытать, çак пурнăç кăна пысăк пĕлтерĕшлĕ. Çавăнпа пĕрлех писатель хăйĕн произведенийĕсенче помещикла-буржуалла обществăра ĕçе тискеррĕн эксплуатацилесине хирĕç пĕтĕм чĕререн, ним хĕрхенмесĕр, хаяррăн протестленĕ.

Обществăн «çÿлти сийĕсен» чунсăрлăх моральне уйрăмах «Анна Каренина» романра хаяррăн тăрă шыв çине кăларнă. Роман геройни Анна Каренина—хăйĕн юратăвĕпе этемлĕх телейĕн прави çинчен пĕлтерме хăйнă хĕрарăм—обществăн «çÿлти ушкăнне» хирĕç пынă пĕртен мар кĕрешÿре вилет. Унăн вилĕмĕ çав обществăна хирĕç хаяр приговор йышăнни пулать. Çак обществăра çынсем хушшинчи çыхăнусем этемлĕхе курайманни, икĕпитленни, этем сăн-сăпатне путлантарса лартни çинче никĕсленсе тăраççĕ. Толстой пĕтĕм эксплуататорла обществăна, унăн, Ленин сăмахĕсемпе каласан, «хĕрарăмсен таммарлăхĕ çинчен калакан ирсĕр, йĕрĕнмелле пытĕклă, тискер кайăкла сĕмсĕр законĕсене» (Соч., 30 том, 101 стр.) питлет.

«Анна Каренина»—Россия пурнăçĕнче пулса иртнĕ улшăну тапхăрĕ çинчен калакан роман. 1861 çулхи реформа хыççăн, капитализм хăвăрттăн аталаннипе, ĕмĕрсем хушши тытăнса тăнă «кивĕ йĕркесем» нихçан пулман хăвăртлăхпа ишĕлме пуçлаççĕ. Хресченсем чухăнланса пынипе, ял икĕ пая—пуян кулаксемпе çĕрсĕр хресченсем çине пайланса пынипе, дворянсем вăйсăрланса пынипе пĕрлех Россия экономикинче капитализмла йĕркесем пулса пынă. «Анна Каренина» романри геройсенчен пĕри: «Халĕ пирĕн пĕтĕмпех урăх майлă çаврăнса кайрĕ, халь кăна майлашăнса пыма пуçларĕ», тесе каланă сăмахсене илсе, Ленин çапла çырнă: «1861—1905 çулсем хушшинчи тапхăра çавăнтан ытларах тĕрĕс хак пама йывăр» (Соч., 17 том, 29 стр.).

«Анна Каренина»—Толстой 80—900-мĕш çулсенче, хăйĕн мировоззренийĕнче пулса иртнĕ улшăнусем хыççăн, питлесе çырнă социальнăй произведенисен шутне кĕрет. Çак улшăнăвăн пĕлтерĕшне Ленин «Л. Н. Толстой тата рабочисен кучухнехи юхăмĕ» ятлă статьяра генилле уçса панă: «Аслă Российăн мĕнпур «кивĕ йĕркисем» хыттăн сĕмĕрĕлсе пыни унăн тимлĕхне вăйлатнă, вăл хăй тавра пулса иртекен ĕçсемпе тарăнрах интересленме пуçланă, çакă вара унăн пĕтĕм мировоззренийĕ улшăнасси патне илсе пынă. Çуралса воспитани илсе ÿсни енчен илсе пăхсан, Толстой Российăри çÿлте тăракан помещиксен хушшинчен тухнă çын,—вăл çак çынсем хушшинчи хăнăхса çитнĕ мĕнпур шухăшсене пăрахать, массăсене чуралантарасси çине, хресченсем тата вак хуçасем юхăнасси çине, пусмăрпа икĕпитленни çине таянса тăракан ун чухнехи мĕнпур государство, чиркÿ, общество, экономика йĕркисене хăйĕн юлашки произведенийĕсенче тĕпĕ-йĕрĕпе кăтартса питлет» (Соч., 16 том, 301 стр.).

80—900-мĕш çулсенче çырнă «Смерть Ивана Ильича», «Крейцерова соната», «Хозяин и работник», «Власть тьмы», «Плоды просвещения», «Живой труп» произведенисенче, выçлăх çинчен çырнă статьясенче Толстой помещикла-капитализмла стройăн тĕп никĕсĕсене: уйрăм харпăрлăха, пуянсене хыпса çуннине, суйăпа государство тытăмĕн комедине, буржуалла суя моральне, çемьери пăсăлса çитнĕ йĕркесене, буржуалла наукăна искусствăна çивĕччĕн критиклет. Çак критика уйрăмах «Воскресение» романра аталанса çитет. Ăна тĕрĕссипех XIX-мĕш ĕмĕрĕн юлашки виççĕмĕш пайĕнчи вырăс пурнăçĕн энциклопедийĕ теме пулать.

«Воскресение» романра халăх чухăн пурăнни, чи лайăх тата айăпсăр çынсем тĕрмесенче, каторгăсенче тертленсе пурăнни хуçасем паразитла иртĕхсе пурăннинчен килнине уçса парса, Толстой вулакана çак пĕтĕм строя хирĕç тăма кирлине кăтартса парать. «Халĕ ыттисен мăйĕ çинче пурăнакан çынсем çавăн пек пулма кирлĕ маррине [illegible] хăйсем ăнланса илмĕç-ши, вĕсем хăйсем ирĕккĕн анмĕç-ши, хăйсене сирпĕтсе антарса таптаса лапчăтасса кĕтсе тăрĕç-ши»,—тесе çырнă Толстой çак романа çырнă вăхăтра.

«Воскресение» романра Российăра буржуалла-демократилле революци умĕн патриархальнăй хресченсен идеологийĕ ишĕлсе пынине тулли кăтартнă. Хăйсен йывăр пурнăçне туйса илнĕ, хуçасене пурăнан, çавăн çинчен уççăнах калакан хресчен массисене ку произведенире Толстой хăйĕн творчествинче пирвайхи хут сăнласа кăтартнă.

Толстой хăй вилличченех патша Российĕнчи политикăлла тата экономикăлла йĕркесене тăрă шыв çине кăларса питлесе пынă. Цензура чарса тăни те, реакциллĕ хаçатсенче хĕсĕрлени те, юлашки çулсенче черносотенецсем юнани те писателе хăратма пултарайман. Самодержави енчен хăйне хирĕç хĕсĕрлени пулма пултарасси çинчен вăл çапла çырнă: «Эпĕ хама прокурор е жандарм манран текех çырма пăрахтарас е çавăн пек урăх мĕн те пулин тума пăрахтарас тесе, çавăн пек тума çÿлтен хушнă тесе, полицие илме килесси çинчен шутланă. Çÿлтен хушни пулма пултараймасть, мĕншĕн тесен ун пек тăвасси манăн ирĕк—хамăн тăвăнсене хÿтĕлесси тата вĕсене хĕсĕрлекенсене тăрă шыв çине кăларасси. Мана сăмах чĕнми тума икĕ май пур: е эпĕ питлекен ĕçсене тума чарăнмалла, е мана вĕлермелле е ĕмĕрлĕхе хупса лартмалла. Тĕрĕссипе илсен, малтан калани кăна пулма пултарать, çавăнпа та эсир, сире ман патна янă çынсене, вĕсем халĕ тăвакан ĕçсене тума чарăнччăр, тесе калăр». Писатель раса тăхăннă чиновниксене тата Христос ячĕпе витĕннĕ жандармсене хаяррăн критикленине хирĕç синод 1901 çулта ăна чиркÿрен уйăрмалла тусан, Толстой шăпах та çавăн пек тунă ĕнтĕ. Толстой синода панă ответ официальнăй чиркĕве çĕнĕрен тăрă шыв çине кăларни пулса тăнă. Каярахпа, 1905 çулхи революцие путарса лартнă хыççăн, çĕршывра тискер реакци алхаснă вăхăтра, çынсене массăллăн асаплантарса вĕлерме пуçланă вăхăтра, Толстой «Шарламасăр тăма пултараймастăп!» ятлă хĕрÿллĕ памфлет çырать. Унта вăл патша йĕркин палачла политикине хаяррăн сивлет.

Патша Российĕнчи помещикла-буржуалла йĕркесене хăйĕн произведенийĕсенче тăрă шыв çине кăларса, Толстой пĕтĕм капитализмла обществăн ирсĕр енĕсене хаяррăн уçса кăтартнă.

Хăйĕн малтанхи произведенийĕсенчех—«Люцерн» ятлă калавра тата 60-мĕш çулсенче педагогика ыйтăвĕсем тăрăх çырнă статьясенче—Толстой Европа «цивилизацийĕ» çине, унăн суя ирĕклĕхĕпе суя пĕртанлăхĕ çине килĕштермесĕр пăхнă.

Юлашки çулсенче çырнă произведенисенче Толстой мĕнпур капитализмла йĕркесене, буржуалла демократи шалти улталине, уйрăмах, хăйĕн сăмахĕсемпе каласан, Англипе Америка пек ирĕклĕ «туйăнакан государствăсен» шалти улталине питленĕ. Фараонпа чурасем хушшинче мĕнле пĕртанмарлăх пулнă, тет Толстой, халĕ Рокфеллерсемпе, Ротшильдсемпе вĕсен чурисем хушшинче çавăн пек пĕртанмарлăх пур. «Пирĕн саманари чуралăх» текен трактатра Толстой США-ра негрсене хĕсĕрленине хирĕç тарăхса çырнă. Чуралăха пăрахăçа кăларни, тенĕ Толстой, «кивелнĕ, кирлĕ мар пулса тăнă чуралăх формине пĕтерни кăна, ăна чурасене тата та вăйлăрах, халиччен хинче те ытларах чуралăхра тытмалли формăпа улăштарни кăна пулнă».

Халăх капитализмла вăрçăсене хирĕç тăнине кăтартса, Толстой колониалле пусмăра хирĕç, «цивилизациллĕ» государствăсем вăйсăр та хÿтĕлĕхсĕр халăхсене чуралантарнине хирĕç тăнă, захватчикла вăрçăсене империалистсен интересĕсемшĕн туса пыраççĕ, тенĕ. Толстой çакна ăнланнă: эксплуататорла строй пулнă вăхăтра тата эксплуататорсен интересĕсене сыхласа тăракан правительствăсем тытăнса тăнă вăхăтра, вĕсем «вырăс патшин правительстви, е Турци султанĕн, е хăйĕн Чемберленĕ ертсе пыракан тата колониалле политика тытса пыракан правительстви пулать-и вăл, е трестсене хÿтĕлесе тăракан, хăйĕн империализмĕпе тытăнса тăракан Сурĕçр Америка Штачĕсен правительстви пулать-и вăл», вĕсем тытăнса тăнă вăхăтра вăрçăсем пурпĕрех пулмалла.

Толстой шухăшĕпе, çĕршывсен халăхĕсем кăна, хăйсен преступникла правителĕсен ирĕкне пурнăçлама пăрахнă халăхсем кăна вăрçăна сирсе яма пултараççĕ.

«Килес çитет вĕт-ха вăхăт, часах килсе çитет,—тесе ĕмĕтленнĕ вăл,—тискер хĕн-хура пула тата юн юхтарнине пула тертленсе чăлаха тухса пĕтнĕ халăхсем хăйсен правителĕсене çапла калĕç: шуйттан патне е турă патне, нам патĕнчен килнĕ, çавăн патне кайăр тата хăвăра хирĕç хăвăр çапăçăр, пĕр-пĕрне мĕнле май килнĕ çапла вĕлерĕр, картта çинче Европăна та, Азие те, Африкăна та, Америкăна та пайлăр, анчах çак çĕр çинче ĕçленĕ тата сире тăрантса усранă çынсене ан тĕкĕнĕр».



Толстой колонисенчи, çурмаколониалле çĕршывсенчи халăхсем майлă пулнă. Хăй усала хирĕç вăйпа тăмалла мар текен теори çинчен вĕрентнĕ пулсан та, Толстой акăлчансемпе бурсем хушшинче 1899 çулта пулнă вăрçă пирки В. А. Поссене çапла каланă: «Пĕлетĕп, бурсем çĕнтерни пирки е вĕсем поражени тÿсни пирки манăн савăнма кирлĕх марччĕ,—вĕсем алла хĕçпăшал тытса Англи салтакĕсене вĕлереççĕ,—анчах хама-хам нимĕн тума та пултараймастăп. Акăлчансем поражени тÿснине вуланă чухне савăнатăп, темĕнле, чĕрере савăнăçлăрах пулса тăрать».

Ун чухнех Америкăри телеграф агентстви бурсемпе акăлчансем хушшинчи ĕçе Америка правительстви хутшăнма шутланă пирки Толстойран хăйĕн шухăшне каласа пама ыйтнă. Толстой çавăн пирки татăклăн ответ панă: «Америка ырă ĕç тăвасси вăл вăрçа хирĕç тăрасси кăна пулать».

Толстой каланă çак сăмахсем тата ытти чаплă сăмахсем те паян кунччен хăватлăн илтĕнсе тăраççĕ. Вăл сăмахсем малта пыракан этемлĕх аллинче капитализмла варварлăха хирĕç, вăрçă чĕртекенсене хирĕç, пĕтĕм тĕнчери миршĕн кĕрешес ĕçре хăватлă хĕçпăшал пулса тăраççĕ.

Толстой творчестви хăйĕн гуманистла шухăшĕсемпе паха. Толстойăн пĕтĕм произведенийĕсенче эксплуататорла строя курайманни, ĕç халăхĕн телейлĕ пурнăçĕ çинчен ĕмĕтленсе пурăнни, кучухнехи йĕркесем ĕмĕре пыманнине, вĕсем вырăнне пурпĕрех тата часах çĕнĕ йĕркесем пулса тăрассине ĕненни курăнса тăрать. Çаксем вĕсем унăн гуманизмĕн никĕсĕ пулса тăраççĕ. Толстой халăха чĕререн юратнă, пуç пулса тăракан классене тăрă шыв çине кăларнă, тÿрĕлĕхлĕ социальнăй стройшăн тăнă, помещикла-буржуалла йĕркесене питленĕ, мĕнпур çĕршывсенчи ĕçсыннисен тăванла пĕрлĕхĕшĕн пулнă, тĕнчери империализма питленĕ. Ватăлса çитсен, 1909 çулта, хăй чĕререн курайман эксплуататорсем çинчен Толстой çапла çырнă: «Вĕсем (халăх.—Ред.) —ÿсентăрансем, эсир вара ун çинче ÿссе ларнă сенелĕ те наркăмăшлă ялаласем. Вĕсем вăхăт çитессе пĕлеççĕ, мĕншĕн тесен маларах е каярах вăл хăйĕнне кĕтсе илет е хăйĕнне тăвать».

Истори тĕлĕшĕнчен инçетрине курма пултарайман пирки Толстой революциллĕ кĕрешÿ çине—халăха эксплуатаци пусмăрĕнчен хăтармалли пĕртен-пĕр тĕрĕс çул çине—килĕшмесĕр пăхнă. Анчах та писателĕн чаплăран та чаплă паха ĕçĕ—вăл обществăлла улталана сулăха хирĕç, çынна çын чуралантарассине хирĕç хаяррăн, тĕлĕнмелле пысăк вăйпа тата чĕререн протест туни пулать. Çак пахалăх яланлăха юлать. Çак протестра Толстой шухăшĕсен вăйлă енĕ.

Толстой литературăра Пушкинпа Гоголĕн реализмла традицийĕсене малалла туса пыракан çын пулнă. Унăн малтанхи произведенийĕсен реализмне Н. А. Некрасов тата Н. Г. Чернышевский пысăка хурса хакланă. «Ку вăл шăпах та халĕ вырăс обществине кирли: чăнлăх — Гоголь вилнĕ хыççăн вырăс литературинче питех те сахал юлнă чăнлăх»,—тесе çырнă Некрасов 1855 çулхине Толстойăн «Севастополь май уйăхĕнче» ятлă калавĕ пирки ун патне.

Севастополь çинчен çырнă калавсенче Толстой: чăнлăх искусство никĕсĕ пулмалла, тесе çирĕплетсе панă. Çакă вăл унăн каярахпа çырнă произведенийĕсенче вăйсăрланман кăна мар, тăрă шыв çине кăларакан, кĕрешекен реализм пулса тăнă. Ленин Толстойăн художествăлла мелĕне тÿрĕ шухăшлă реализм, мĕнпур йышши маскăсене илсе пăрахни пулать, тесе хакланă.

Толстой реализмĕ хăйне майлă пулни тата унăн вăйĕ—чун диалектикине тарăн ăнланнинче килнĕ. Чернышевский шăпах та ĕнтĕ Толстой талантĕн çак тĕп вырăнта тăракан уйрăмлăхне палăртнă. Психологи енĕпе тĕлĕнмелле тарăн анализ туни Толстоя уйрăм çынсен туйăмĕсемпе шухăшĕсене çырса кăтартнă чухне вĕсен пайлă тĕпкăрти палла характерĕсене уçса кăтартма май панă. Толстой çырса кăтартнă сăнарсем çав тери пурнăçлă, чĕрĕ, вĕсене, М. Горький каланă пек каласан, пÿрнепе тĕксе пăхас килет. Толстой çырса кăтартнă Андрей Болконскийпе Пьер Безухов, Наташа Ростовăпа Анна Каренина, Китти Щербацкаяпа Катюша Маслова сăнарĕсем вулакансен пуçĕнче ĕмĕр асран кайми сăнарсем пулса юлаççĕ.

Хăйĕн произведенийĕсене çырнă чухне Толстой пурнăçа вулакана хумхантармалла туса кăтартас, унăн умĕнче явленисен тупсăмне уçса парас, пĕтĕçтерес тĕлĕшпе пĕр пĕтĕмĕшлĕ сăнар тума, сивĕчлетсе кăтартма тăрăшнă. «Форма лайăх пултăр тесе тăрăшни вăл темĕнле тĕлĕнмелле ĕç. Вăл усăсăр мар,—тесе çырнă Толстой.—Гоголь хăйĕн комедине тирпейсĕр, йăваш çырнă пулсан, халĕ ăна вуласа курнă çынсенчен миллион пайĕ чухлĕ те вуламан пулĕччĕç. Илемлĕ произведение, ăна юратса вулаччăр тесен, сивĕчлетмелле. Сивĕчлетсен, çапла вара, илемлĕх тĕлĕшĕнчен лайăхлатса çитерсен, вăл вара тимсĕр пăхнине çĕнтерет, тепĕр хут вуланипе хăйĕн ĕçне тăвать».

Толстой хăйĕн произведенийĕсем тĕлĕшĕнчен çине тăрса, ывăнма пĕлмесĕр ĕçленипе критикăлла реализмăн çÿлти вырăнне çитсе тăнă. Вăл писатель пулса ĕçлени хăйĕнчен ытларах ыйтма тăрăшнине кăтартакан тĕслĕх пулса тăрать. «Пуринчен ытла çырма васкамалли кирлĕ, тÿрлетме ÿркенмелли кирлĕ, пĕр япалана вунă хут, çирĕм хут улăштарни кирлĕ»,—тенĕ Толстой. Хăйĕн творчествăлла ĕçĕнче вăл çавăн пек туса пынă.

Художествăлла форма, чĕлхе ăнланмалла та илемлĕ пулма кирлине Толстой чăннăн искусствăн уйрăлми палли пулать, халăхăн анлă массисем ăнланма кирлĕ условин пулать, тесе шутланă.

«Халăх калаçакан чĕлхе тата унта поэт хăй мĕн калассăн пулнине калаçа пама пултаракан сасăсем пулни мана савăнтарать»,—тесе çырнă Толстой. Вăл илемлĕ произведенисен чĕлхине халăх калаçакан чĕлхе патне ытларах çывхартма, литература чĕлхинче халăх чĕлхин пуянлăхĕпе ытларах усă курма тăрăшмалла, тесе çине тăрса кĕрешнĕ. Вăл декадентла литература ăнланмалла мар пулнине, унăн чĕлхи вĕçкĕнле пулнине хаяррăн критикленĕ.

Толстой илемлĕ произведенисен содержанийĕпе форми çине тимлĕн пăхни — вăл искусство задачисене, литературăн воспитани паракан пĕлтерĕшне лайăх ăнланнинчен килнĕ. «Мыслитель тата художник нихçан та Олимп тăвĕсем çинче лăпкăн ларма пултараймаççĕ... Вăл яланах, ĕмĕр сехĕрленсе, хумханса пурăнать: вăл çынсене ырлăх паракан, вĕсене асапран хăтаракан, вĕсене лăплантарма пултаракан решени йышăнма, сăмахсем калама пултарнă, анчах вăл кирлĕ пек калайман, кирлĕ пек ÿкерсе парайман; вăл пачах татса паман тата каламан, ыран вара, тен, кая юлать—вăл вилет... Яка, пĕрмай савăнăçлăн, хăй тĕллĕн йăпанса ларакан мыслительсем тата художниксем пулмаççĕ»,—тесе çырнă Толстой. Ăнсăртран мар ĕнтĕ вырăссен чаплă писателĕ-демократĕ В. Г. Короленко, Толстоя 75 çул тултарнă ятпа саламласа, çапла çырнă: «Пирĕн тăван çĕршыва сăмах пĕлтерĕшне никам çитеймĕ çÿлĕ вырăна çĕкленĕ аслă художника тата этеме чĕререн ырă сунатпăр».

Л. Н. Толстойăн хăюллă та пултарулла творчестви пĕтĕм тĕнчене кисрентернĕ, Россия çине, Горький каланă тăрăх, «пĕтĕм Европа тĕлĕнсе пăхнă». Р. Роллан Толстой произведенийĕсем çинчен çапла каланă: «Кусем вĕсем вĕçĕ-хĕррисĕр тĕнчене пырса кĕме уçса янă хапхасем пулнă, пурнăçа аслăн тăрă шыв çине кăларни пулнă. Халиччен нихçан та Европăра çакăн пек сасă илтĕнни пулман». Анатоль Франс Толстоя хăйĕн учителĕ тенĕ. «Смерть Ивана Ильича» ятлă произведение вуласан, Ги де Мопассан çапла каланă: «Эпĕ манăн пĕтĕм ĕç нимĕне те тăманнине, манăн мĕнпур вунă том нимĕне те тăманнине куратăп».

Толстойăн художествăлла пысăк ăсталăхĕ В. И. Ленина яланах тĕлĕнтернĕ. «Мĕн пек пысăк ту, а? Мĕн пек пысăкран та пысăк çын!—тенĕ вăл Горькийпе Толстой çинчен.—Акă ĕнтĕ, батенька, художник... Европăра кама унпа юнашар тăратма пулать-ха?.. Никама та». Л. Толстойăн тĕнчери пĕлтерĕшне Ленин унăн генилле творчествинче палăрса тăракан вырăс революцийĕн тĕнчери пĕлтерĕшĕ тăрăх хакланă. «Крепостниксем пусарса тăракан çĕршывсенчен пĕринче революцие хатĕрленĕ самана,—тесе çырнă Ленин,—Толстой генилле çутатнине пула, пĕтĕм этемлĕхĕн художествăлла аталанăвĕнче малалла пĕр утăм пусни пулса тăчĕ» (Соч., 16 т., 293 стр.). Толстой произведенийĕсене ĕçсынни массисем «помещиксемпе капиталистсен влаçне сирпĕтсе антарса хăйсем валли этемле пурнăç условийĕсем туса хунă хыççăн кăна хакласа тăрĕç», тенĕ Ленин. Ленин сăмахĕсем пурнăçа кĕчĕç. Октябрьти Социализмлă Аслă революци хыççăн Лев Толстой творчестви пĕтĕм совет халăхĕн тивлечĕ пулса тăчĕ. Совет çыннисем Толстоя хăйсен генилле ывăлĕсенчен пĕрин вырăнне хурса хисеплеççĕ.

Совет çыннисем Толстоя юратаççĕ, ăна хаклаççĕ. Вăл вĕсене хăйĕн произведенийĕсемпе çĕршывăн иртнĕ пурнăçĕпе паллаштарса, хальхи пурнăçа хаклама вĕрентет. Вĕсем пролетариллĕ аслă писатель М. Горький çапла каланă сăмахсене асра тытаççĕ: «Толстоя пĕлмесĕр хăвна хăвăн çĕршывна пĕлекен çын тесе шутлама çук, культурăллă çын тесе шутлама çук».

Л. ОПУЛЬСКАЯ,
Филологи наукисен кандидачĕ.

## Л. Н. Толстой произведенийĕсене чăвашла куçарса кăларни

Вырăссен аслă писателĕн Лев Николаевич Толстойăн илемлĕ произведенийĕсемпе чăваш халăхĕ хăйĕн çырулăхĕ пуçлансан часах паллашма тытăннă. Унăн ачасем валли ютарса çырнă юмахĕсене: «Пулăçăпа пĕчĕк пулă», «Тăманапа мулкач», «Вăрăм тунапа арăслан» ятлăскерсене чăваш ачисем 1900 çулта вунтăваттăмĕш изданипе пичетленсе тухнă «Букварь» тăрăхах вулама тытăннă.

1907 çулта вара Л. Н. Толстойăн нумай калавĕсемпе юмахĕсене, «Первая и вторая книги для чтения графа Л. Н. Толстого на чувашском языке» тесе, тата «Третья и четвертая книги для чтения» тесе, пĕрле пуçтарса пичетлесе кăларнă. Ку кĕнекесене çав ятпах Л. Н. Толстой хăйĕн Ясная Полянăра уçнă шкулĕ валли çырса хатĕрленĕ пулнă. Чăвашла вĕсем 1909, 1911, 1912 çулсенче икĕмĕшпе виççĕмĕш хут пичетленсе тухнă. «Кавказра тытăнра пурăннă çын» («Кавказский пленник») пек пысăкрах произведенисене уйрăм кĕнекепе те пичетлесе кăларнă.

1917 çулхи Социализмлă Аслă революци хыççăн кăна Л. Н. Толстой произведенийĕсене чăвашла куçарса кăларас ĕç анлăн сарăлма пултарчĕ. 1919—1921 çулсенче унăн «Дурень» («Тăр ухмах»), «Власть тьмы» («Тĕттĕм аллинче), «Первый винокур» («Эрех тума пуçлакан») ятлă произведенийĕсене, 1930—40 çулсенче «Поликушка», «Хаджи-Мурат», «Севастополь калавĕсем», «Хуçипе тарçи» ятлă чылай пысăк произведенийĕсене пичетлесе кăларнă. Хăшпĕр произведенийĕсене тăватă-пилĕк хут та, вуншар пин экземплярпа та пичетленĕ. Анчах унăн «Анна Каренина», «Воскресение», «Война и мир» ятлă чи мухтавлă произведенийĕсене куçарма эпир халĕ те вăй çитереймен-ха.

Л. Н. Толстой произведенийĕсене чăвашла куçарас ĕçре пирĕн умра пысăк задачăсем тăраççĕ.

Пирĕн Толстойăн халиччен куçарман произведенийĕсене çулран çул ытларах куçарма тытăнмалла, унăн халиччен куçарнă произведенийĕсене малашнехи изданисем валли хатĕрленĕ чухне, вĕсен текстне çĕнĕрен пăхса тухса, лайăхлатса пымалла.

Н. ДАНИЛОВ.

## Л. Н. Толстой чăваш театрĕнче

Пирĕн театр пуçланни вăтăр утă çул çитет. Çак вăхăтра вырăс классикĕсен пьесисене чăвашла куçарса лартман сезон пулман та пулĕ. Вырăс классикĕсен пьесисене вуласа, вĕсене сцена çинче курса, чăваш писателĕсем драма çырас ăсталăха вĕренеççĕ, вырăс классикĕсен чăвашла куçарнă пьесисенчи рольсене выляса пирĕн артистсем çитĕнеççĕ.

Октябрьти Социализмлă Аслă революци тивлечĕпе çуралнă чăваш театрĕ вырăссен чаплă драматургĕ А. Н. Островский çырнă «Хăв пурăнас тенĕ пек ан пурăн» ятлă драмăна чăвашла куçарса лартнипе пуçланчĕ.

Иккĕмĕш спектакль валли театра Л. Н. Толстой çырнă «Пур инкек те çавăнтан» ятлă пьесăна куçарнă. Ку пьеса икĕ пайлă çеç, спектакль валли кĕске. Çавăнпа та спектакль пĕтсен Хусанта вĕренекен чăваш çамрăкĕсен хорĕ концерт пачĕ.

Л. Н. Толстойăн «Тĕттĕм аллинче» ятлă драмине Шупашкарта 1923 çулта чăвашла куçарса лартрăмăр. Куракансем спектакле ырларĕç. Пĕр сезонтах ăна виçĕ хут лартнă.

Артистсем те «Тĕттĕм аллинче» пьесăна юратса выляреç. Чи малтан, К. Е. Егоровпа Иван Мучи çинчен калас килет. Егоров турăран хăраса пурăнакан чухăн хресчен сăнне калама çук тĕрĕс вылярĕ. Кашни сăмах хыççăн тенĕ пек «ия» тени халĕ те асран каймасть. Пьесăна куçаракан Толстойăн «тае» тенине «ара» тесе куçарнăччĕ, анчах Егоров ăна хăйне килĕшнĕ пек «ия» тесе вылярĕ.

Иван Мучи ватă салтак рольне сцена çинче выляма çуралнă пекех туйăнатчĕ: кĕлетки те, сасси те, хăтланни те ĕçĕпе çын йĕркинчен тухма пуçланă çын сăнне кăтартма пит килĕшÿллĕччĕ.

1919 çулта Г. Тал-Мăрса Толстойăн «Эрех тума пуçлакан» комедине те куçарса пăхрĕ, анчах вăл сцена çинче каяймарĕ. Çавăн пекех юлашки çулсенче Н. С. Айзман Чăваш академи театрĕ валли «Чĕрĕ виле» ятлă драмăна куçарнăччĕ, анчах ăна та темшĕн лартаймарĕç.

Л. Н. Толстойăн калама çук лайăх «Çутта тухнин усси» ятлă сатирăллă комедийĕ пур. Ку комедире вăл ĕмĕрĕ иртсе пуçланă дворянсенчен кулать. Çак комедие, пирĕн шутпа, çитес çулсенче Академи театрĕн репертуарне кĕртмелле.

И. МАКСИМОВ-КОШКИНСКИЙ.

## Аслă писатель юбилейне палăртни

ВАРНАР. Кольцовкăри Сталин ячĕпе тăракан колхоз ĕçченĕсем вырăссен аслă писателĕ Л. Н. Толстой çуралнăранпа 125 çул тултарнине паллă тăваççĕ. Кунти библиотекăра Л. Н. Толстой произведенийĕсен выставкине йĕркеленĕ. Сентябрĕн 9-мĕшĕнче вăтам шкулта литература каçĕ пулса иртет. Литература преподавателĕ И. С. Степашкин юлташ Л. Н. Толстойăн вырăс литературинчи тата тĕнчери литературăри вырăнĕ çинчен доклад туса парать. Аслă классенче вĕренекенсем Л. Н. Толстой произведенийĕсен сыпăкĕсене вуласа параççĕ.

Н. ЛЕОНИДОВ.

# Болгари халăхĕ ирĕке тухнă кун

Сентябрĕн 9-мĕшĕ—Болгари историйĕнчи паллă кун. Çак кун тăхăр çул каялла, фашизм пусмăрĕнчен Совет Çарĕ ирĕке кăларнă Болгарири ĕçхалăхĕ, хăйсен Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе монархилле-фашистла йĕркене сирпĕтсе антарса, халăх влаçĕ туса хунă.

Çĕнĕ халăх демократи стройĕ Болгари хăвăртрах кая юлса пынипе пĕтерме, çĕршывăн политикăлла, экономикăлла тата культурăлла пурнăçне анăçлă аталантарса пыма лайăх майсем туса панă. Ирĕке тухнă Болгари халăхĕ, Тăван çĕршывăн чăн-чăн хуçи пулса тăрса, хăйĕн халăх хуçалăхне кĕске вăхăтрах юсаса çитерчĕ, халĕ социализмăн экономикăлла çирĕп никĕсĕсене хывать.

Республика социализм строительствинчи чаплă çитĕнÿсене Совет Союзĕпе Болгари туслă пулнипе тунă. Çĕнĕ Болгарие малтанхи кунсенчен пуçласа ялан Совет Союзĕ пулăшса пычĕ, халĕ те пулăшса тăрать.

Болгари Министрĕсен Совечĕн председателĕ Вылко Червенков çапла каланă: «Пирĕн халăхăн хастарлă ĕçĕ, вăл социализм никĕсĕ тума тăрăшни пысăк анăçлăхсем пачĕ. Пирĕн çĕршыв—социализм çĕршыв пулса, пирĕн халăх социализмла наци пулса ÿссе пыраççĕ, мĕншĕн тесен тĕнчере питĕ пысăк хăватлă индустриллĕ Совет Союзĕ пур, мĕншĕн тесен Совет Союзĕ пире пулăшать, мĕншĕн тесен Совет Союзĕ тавра халăх демократи çĕршывĕсем пĕрлешрĕç; çав çĕршывсем тĕнчери иккĕмĕш вăрçăра Совет Союзĕ çĕнтерÿ тунипе пулса тăчĕç, апир вĕсемпе тăванла килĕштерсе пурăнатпăр тата пĕр-пĕрне пулăшса пыратпăр».

Болгарири ĕçсыннисем, Коммунистсен партийĕпе халăх правительстви тавра таччăн пĕтĕçсе, шалти тата тĕнчери реакци халăх демократи стройне хавшатас шутпа, çĕршывра каллех капитализмла йĕркесем туса хурас шутпа тума пăхакан ирсĕр ĕçсене пĕтерсе пыраççĕ. Болгари халăхĕ хăй çĕнсе илнисене питĕ пысăк тимлĕхпе сыхлать, вăл халăх республикин тăшманĕсен киревсĕр ĕçĕсене малашне те пĕтерсе пыма хатĕр. Халăх пĕрлĕхĕ çултан-çул çирĕпленсе пырать, ĕçсыннисем Тăван çĕршыва малалла аталантарассишĕн тата унăн чысĕшĕн хăватлăн ĕçлеме хатĕр.

Тăхăр çул—историре пысăк срок мар. Анчах халăх-хуçа çав кĕске вăхăтрах кивĕ Болгарире темиçе вунă çул хушшинче тунă ĕçсенчен те пысăкрах çитĕнÿсем тума пултарчĕ. Республика, кая юлнă аграрлă çĕршывран, малта пыракан индустриллĕ-аграрлă государство пулса пырать. Болгари халăхĕ хăйĕн промышленноçне малалла аталантарса пынипе пĕр вăхăтрах ялхуçалăхне те социализмла никĕç çинче тĕпренех улăштарса çĕнетет, культура строительствине пысăккăн пурнăçласа пырать тата халăх пурнăçне лайăхлатассишĕн анăçлă кĕрешет.

Болгарири ĕçсыннисем кăçалхи çул пуçламăшĕнче пысăк çĕнтерÿ турĕç: вĕсем пилĕк çуллăх плана тăвата çулта тултарчĕç. Çĕршыва индустриализацилес тĕллĕпе уйрăмах пысăк çитĕнÿсем тунă: промышленность производстви енĕпе пилĕкçуллăхри задание виçĕ çул та 10 уйăхра тултарнă. Промышленность производстви 1948 çулхипе танлаштарсан 2,3 хут, вăрçă умĕнхи тапхăрпа танлаштарсан 4 хут ытла ÿснĕ.

Болгарире пилĕкçуллăх вăхăтĕнче 700 предприяти ытла юсаса çĕнетнĕ тата çĕнĕрен туса лартнă. Çĕршывăн хĕвеланăç районĕсене София хулипе, çавăн пекех Хура тинĕс порчĕсемпе—Сталин тата Бургас порчĕсемпе çыхăнтаракан Прибалканови чугун çула туса пĕтерсе ĕçе янă. Çĕршыври фабрикăсемпе заводсенче 130 йышши машинăсемпе механизмсем туса кăларма вĕренсе çитнĕ, вĕсене ĕлĕк Болгарире пачах та туса кăларман. Çĕре шăвармалли пилĕк система—Сталин ячĕпе тăракан Брышлянски, Николог—Белене—Свиштовски, Червено-Брямски тата Первомайски системăсем—ĕçе кĕнĕ. Вĕсем 50 пин гектар çĕре шăварса тăраççĕ. Темиçе пысăк электростанци тата ытти питĕ кирлĕ нумай предприятисем туса лартнă, вĕсем çĕршывăн халăх хуçалăхне аталантарас ĕçре пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ.

Вăрçă умĕнхи çулсенче Болгари урăх çĕршывсенчен машинăсем, станоксем тата оборудовани кăна мар, кил-çуртра кирлĕ пулакан металран тунă вак-тĕвек япаласем те кÿрсе килнĕ. Халĕ çĕршывра машинăсем тăвакан заводсем ĕçлеççĕ. Вĕсем тĕрлĕ станоксем, дизель-моторсем, троллейбуссем, трансформаторсем, электромоторсем, локомотивсем тата ытти нумай йышши ялхуçалăх машинисем туса кăлараççĕ. Болгарире азотлă удобренисем, кÿкĕрт кислоти, тир тумалли экстрактсем, анилиновăй сăрсем, медикаментсем тата ытти те туса кăларма пуçланă.

Сăмăл промышленноçа аталантарасси çине уйрăмах тимлĕ пăхаççĕ. Çапла, сăмахран, 1952 çулта, 1948 çулхипе танлаштарсан, пир-авăр туса кăларасси 2,3 хут, тир-сăран—2,2 хут, атă-пушмак туса кăларасси 2,5 хут ÿснĕ. Апат-çимĕç продукчĕсем туса кăларасси те чылаях ÿснĕ.

Болгарири фабрикăсенче, заводсенче тата çĕнĕ çурт-йĕрсем тунă çĕрте социализмла ăмăрту анлăн сарăлса пырать. Хальхи вăхăтра рабочисен тăвата пайĕнчен виçĕ пайĕ ăмăртăва хутшăннă. Вĕсем продукци нумайрах туса кăларассишĕн тата унăн пахалăхне лайăхлатассишĕн, строительство срокĕсене кĕскетессишĕн кĕрешеççĕ. Новаторсен тата рационализаторсен юхăмĕ анлă сарăлнă. Иртнĕ çулта кăна ĕçсыннисем 15 пин ытла рационализаторла сĕнÿсем панă, вĕсенчен пилĕк пин сĕнÿпе производствăра усă курнă, çавна май 100 миллион лев ытларах государство укçине перекетленĕ. Болгарири рабочисем, инженерсем тата техниксем совет новаторĕсен малта пыракан ĕç меслечĕсене анăçлă пурнăçа кĕртсе пыраççĕ, вĕсем ĕç тухăçлăхне ÿстерес тата укçа-тенке перекетлес енĕпе паха тĕслĕхсем кăтартаççĕ.

Çĕршыва индустриализацилемелли политика тата ку ĕçре тунă çитĕнÿсем Болгари ялĕсене майĕпен социализмла çĕнетме май параççĕ. Ялхуçалăхĕнче ытларах машинăсемпе ĕçлеççĕ, малта тăракан агротехника пурнăçа кĕрсе пырать, хресченсем вак хуçалăхсенчен шултра хуçалăхсене куçаççĕ, çĕре пĕрлешсе ĕçлеме пуçлаççĕ.

Юлашки тăвата çул хушшинче Болгарире 140 машина-трактор станцийĕ тунă, вĕсенче 12 пин ытла трактор, 1.300 комбайн тата ытти ялхуçалăх машинисем пур. Çĕрĕçĕнчи кооперативлă ĕçлĕх хуçалăхĕсенчи тата государство хуçалăхĕсенчи тĕп ĕçсене механизациленĕ. Хресченсем государствăран çулсерен вуншар пин тонна удобренисем илсе тăраççĕ. Çав удобренисене халĕ çĕршыври заводсенчех тăваççĕ. Тырпул тухăçлăхĕ çултан-çул ÿсет, тырă акмалли лаптăксем пысăкланса пыраççĕ, çĕре шăвармалли система та лайăхланса пырать.

1952 çул вĕçĕнче çĕршывра çĕрĕçĕнчи кооперативлă ĕçлĕх хуçалăхсем 2.700 ытла шутланнă, вĕсем республикăри пĕтĕм хресчен хуçалăхĕсен 53 процентне пĕрлештерсе тăнă, вĕсен аллинче акма юрăхлă çĕр лаптăкĕн 60,5 процентĕ пулнă. Çак хуçалăхсем государство хуçалăхĕсемпе пĕрле çĕршыва ялхуçалăх продукчĕсен пысăк пайне парса тăраççĕ. Халăх влаçĕ кооперативла хуçалăхсене организацилес хуçалăх тĕлĕшĕнчен çирĕплетме мĕн кирлине пĕтĕмпех тăвать тата вĕсене чылай пулăшать. Ĕç хресченĕсем çак пулăшу ялан пуян те культурăлла пурнăç патне илсе пырасса шанса тăраççĕ.

Коммунистсен партийĕпе правительство ĕçсыннисен материальнăй пурнăçне лайăхлатассишĕн ялан тăрăшаççĕ. Иртнĕ çулта Болгарире укçа реформи ирттернĕ, апат-çимĕç тата промышленность таварĕсен вакăн сутмалли государство хакĕсене икĕ хутчен йÿнетнĕ. Çакă вăл укçана çирĕплетме тата халăхăн тупăшне ÿстерме май панă. Рабочисен реальнăй ĕç укçи вăрçă умĕнхи шайран 38 процент иртсе кайнă. Кăçалхи август уйăхĕнче тавар хакĕсене çĕнĕрен йÿнетнĕ, çавна пула ĕçсыннисем государство тата кооперации суту-илĕвĕ енĕпе кашни çул 900 миллион лев чухлĕ усă кураççĕ.

Болгарире тавар çаврăнăшĕ пĕрмаях ÿсет, таварсен ассортименчĕ те нумайланать, халăх тавар ытларах илет. Государство тата кооперации магазинĕсен шучĕ 1952 çулта, 1948 çулхипе танлаштарсан, икĕ хут ытларах ÿснĕ. Халăх валли аш-какай продукчĕсем, çусем, рис тата ытти продуктсем, çавăн пекех халăха кулленех кирлĕ таварсем иртнĕ çулсенчинчен чылай нумайрах туса кăларнă.

Кунпа пĕрлех государство ĕçсыннисен пурнăçне лайăхлатма çултан-çул укçа-тенкĕ ытларах уйăрса парать, çуртсем лартас ĕçе сарса пырать. Республикăра тăвата çул хушшинче пурăнмалли çуртсем нумай тунă, вĕсен пĕтĕм лаптăкĕ 3 миллион та 400 пин тăваткал метр ытларах шутланать, пин яла яхăн электрификациленĕ, больницăсенче койкăсен шучĕ икĕ хута яхăн ÿснĕ.

Халăх влаçĕ культура строительствине тата халăха вĕрентес ĕçе малалла лайăхлатассишĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшать. Республикăра хуласемпе ялсенче нумай çĕнĕ шкулсем, библиотекăсем тата клубсем çурчĕсем туса лартнă. Театрсен шучĕ виçĕ хута яхăн, кинотеатрсен шучĕ пилĕк хут ытларах ÿснĕ. Болгарире вăрçă умĕн пилĕк аслă шкул пулнă пулсан, халĕ 13 аслă шкул ĕçлет. Болгарири Наукăсен Академийĕн ĕлĕк наукăпа тĕпчев институчĕсем пĕрре те пулман, халĕ 31 институт пур. Республикăра пĕтĕмпе 118 институт шутланать.

Çĕршывра çитĕнсе çитнĕ çынсем хушшинче хут пĕлменлĕхе пĕтерни тата шкул çулне çитнĕ ачасене пурне те вĕрентме тытăнни культура тĕлĕшĕнчи пысăк çĕнтерÿ пулса тăрать. Çакă вăл çĕнĕ социализмла обществăна анăçлă тума лайăх майсем туса парать.

Болгарири ĕçсыннисем хăйсен малашнехи пурнăçĕ телейлĕ пуласса халĕ никçанхинчен те ытларах ĕненсе тăраççĕ. Вĕсем, Совет Союзĕн тăванла пулăшăвĕ çине таянса, Китай Халăх Республикипе тата халăх демократи çĕршывĕсемпе туслă пурăнассине тата пĕр-пĕрне тăванла пулăшассине çирĕплетсе пырса, мирпа çине тăрсах кĕрешсе, революцилле сыхăлăха пĕрмаях ÿстерсе пырса, хăйсен ĕçри хастарлăхне ÿстерсе пыраççĕ тата ĕçре пысăк çитĕнÿсем тăваççĕ.

Болгарие ирĕке кăларнăранпа тăхăр çул тултарнине уявланă кун малта пыракан пĕтĕм этемлĕх Болгари халăхне хăйĕн телейлĕ пурнăçне тăвас ĕçре çĕнĕ çитĕнÿсем тума ырă сунать.

Д. БОЧАРОВ.

# Пхеньянра марксизм-ленинизма вĕренмелли университет уçнă

ПЕКИН, сентябрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агенстви корреспонденчĕ Пхеньянран пĕлтернĕ тăрăх, Корейăри Ĕçлĕх партийĕн Пхеньян хула комитечĕ правительство учрежденийĕсенче ĕçлекен работниксем валли марксизм-ленинизма вĕренмелли каçхи университет уçнă. Университетра икĕ çул вĕренмелле.

# Корейăра тыткăнри çар çыннисене репатриаци туни

ПЕКИН, сентябрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви корреспонденчĕ сентябрĕн 6-мĕшĕнче Кэсонран çапла пĕлтернĕ:

Паян Корейăпа Китай енĕ тÿрех репатриаци тумалли тыткăнри çар çыннисене пурне те репатриаци туса пĕтернĕ. Паян тепĕр енне тавăрса панă тыткăнри çар çыннисем хушшинче 21 американец, 8 акăлчан, 4 турок, 1 Кăнтăр Африка çынни, 1 японец тата 7 кореец. Америкăн сывлăх-çар службисенче пулнă 25 çынна та тавăрса панă. Вĕсем хăйсем йышăннă тăрăх, бактериллĕ вăрçа хутшăннă. Анчах та вĕсене Корея влаçĕсем наказани парасшăн хăтарнă.

Тепĕр енĕ Корея халăх çарĕн тыткăнри 2.256 çар çыннине тавăрса панă, вăл шутра чирлисемпе аманнисем 75 çын. Çавăн пекех тата Китай халăх добровольцĕсен 138 çыннине тавăрса панă, вĕсем хушшинче—чирлисемпе аманнисем 4 çын.

Корейăпа Китай енĕ темиçе хутчен те протест панипе пула çавăн пекех тата общественность хĕснипе пула, американецсем хăйсен тăван çĕршывне тавăрăнасшăн паттăррăн кĕрешнĕ тыткăнри çар çыннисене те тавăрса панă. Вăл шутра: Пак Сан Хен, Ли Ин Чер, Ким Тай Хун, Син Тай Бон, У Чэн-тэ, Ван Фан, Вэй Линь, Сунь Чэнь-гуань. Вĕсем пурте питĕ начарлайса çитнĕ. Америка лагерĕсенче нумай вăхăт хупса лартнă пирки тата хытăн асаплантарнă пирки вĕсем пĕтĕмпех хавсăрланса çитнĕ.

Сентябрĕн 5-мĕшĕнче тыткăнри çар çыннисене репатриаци тăвас тĕлĕшпе ĕçлекен комитетăн ларăвĕнче Америка енĕн аслă представителĕ Фриндерсдорф çапла пĕлтернĕ пулнă: Корейăпа Китай енĕн тÿрех репатриаци тумалли тыткăнри çар çыннисене пурне те сентябрĕн 6-мĕшĕнче тавăрса паратпăр. Анчах паян Китай халăх добровольцĕсен тыткăнри 138 çар çыннине кăна тавăрса панă. Çав вăхăтрах США çар министрĕ Стивенс Америка енĕ Китай халăх добровольцĕсене 250 çынна тыткăнра тытса тăни çинчен пĕлтернĕ.

# Террорпа тата ултавпа ирттернĕ суйлав

## Хĕвеланăç Германири парламент суйлавĕн малтанхи итогĕсем

БЕРЛИН, сентябрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Хĕвеланăç Германире парламентăн кĕçĕн палатин (бундестагăн) суйлавĕ пулса иртнĕ. Суйлав Аденауэр коалицийĕ усси хĕснипе пулса иртнĕ. Рейтер агентстви Боннри корреспонденчĕ суйлавăн официальнăй мар итогĕсем çинчен пĕлтерет. Вăл пĕлтернĕ тăрăх, Аденауэр ертсе пыракан христианла-демократсен союзĕ тата христианла-социалистсен союзĕ текен парти 487 вырăнтан 244 вырăн илнĕ. Социал-демократсен партийĕ иртнĕ бундестагра 131 вырăн илнĕ пулсан, халĕ 150 вырăн илет. Правительство блокне кĕрекен реакцилле-буржуалла парти—«демократилле ирĕклĕ парти» тенĕскер—48 мандат илет. Халиччен унăн 51 мандат пулнă. Бонн коалицине кĕрекен виççĕмĕш парти—нимĕçсен националистла партийĕ («нимĕçсен партийĕ») 15 вырăн йышăнать, халиччен унăн 17 вырăн пулнă. Кунсăр пуçне «Пĕтĕмĕшле Германи блокĕ» (куçса пынă нимĕçсен партийĕ) 27 мандат илнĕ. Халиччен бундестагра çак парти представителĕсем пулман. Католикла буржуалла парти (ăна «центр партийĕ» тесçĕ) 4 мандат илнĕ. Вăл та суйлава Аденауэр партийĕпе пĕр блокра хутшăннă. Бундестагăн иртнĕ составĕнче «центр партийĕ» 10 мандат илнĕ пулнă.

Суйлавсем çакăн пек пуласси Аденауэр ултавлă суйлав системине усă курнинчен килнĕ. Çак суйлав системи тăрăх, 5 процент сасă илеймен партисем бундестагра вырăнсăр юлма пултараççĕ. Çапла вара, сентябрĕн 6-мĕшĕнче коммунистсемшĕн 600.000 суйлавçă сасăланă пулсан та, вĕсене бундестагра пĕр вырăн та паман. Çав вăхăтрах католиксен «центр партийĕ» текен парти, коммунистсен партийĕнчен виçĕ хут сахалтарах сасă илнĕ пулсан та, бундестагра 4 вырăн йышăнать.

Аденауэр ертсе пыракан христианла-демократсен союзĕ тата христианла социалистсен союзĕ текен парти çак суйлавра правительство коалицине кĕнĕ партисен шучĕпе чылай сасă илнĕ. Çавăн пекех фашистла ытти вак ушкăнсем те çак партишĕн сасăланă.

## ЯПОНИРИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИНЕ ХĔСЕРЛЕÇÇĔ

ШАНХАЙ, сентябрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Японире тухса тăракан «Майнити» хаçат çапла пĕлтерет: Япони полицийĕ Японири Коммунистсен партийĕн Амагасаки, Итами, Каваб тата Тойонак хулисенчи çурчĕсем çине тапăннă. Çак ĕçе 550 полицейски хутшăннă.

Полици ухтарусем тунă, парти документсене, хаçатсен комплекчĕсене тата ытти литературăна илсе кайнă. Полици тапăннă вăхăтра 9 çынна арестленĕ.

## Иранри лару-тăру пирки

ПАРИЖ, сентябрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентстви корреспонденчĕ Тегеранран çапла пĕлтерет: унта премьер-министр пулнă доктор Моссадык ĕçĕ тăрăх следстви тума тата унăн ĕçне пăхса тухса çар юстици органĕсен аллине пама решени йышăннă.

## Англире электриксен забастовки малалла пырать

ЛОНДОН, сентябрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентстви корреспонденчĕ Дугласран (Man утравĕ) çапла пĕлтерет:

Электриксен забастовки малалла пырать. Англири нумай предприятисенче, вăл шутра атом енĕпе ĕçлекен 3 наукăпа тĕпчев станци строительствинче, ĕçсем чарăнса ларнă.

Электропромышленноçри рабочисен профсоюзĕн генеральнăй секретарĕ Уолтер Стивенс ĕнер çапла пĕлтернĕ: сентябрĕн 7-мĕшĕнче кăнтăрла тĕлне тата 5.000 электрик ĕçлеме пăрахать.

Профсоюз хăйĕн 40.000 членĕн ĕç укçине ÿстерме ыйтать.

## *Австри хаçачĕ Венăри ярмаркăри Совет Союзĕн павильонĕ çинчен*

ВЕНА, сентябрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). «Дер абенд» хаçат Венăри кĕркунни ярмаркари Совет Союзĕн павильонĕ çинчен статья пичетлесе кăларнă.

Совет павильонĕпе, тесе çырать хаçат, пĕтĕм халăх хытă интересленет. Ярмарка уçăлнă малтанхи кун курма пынă халăх нумай пулнă пирки, мĕн ифтен пуçласа совет павильонĕн çуртĕ умĕнче пиншер çын черетре тăнă. Автомашинăсемпе медицина оборудованийĕ, тĕрлĕ станоксемпе ялхуçалăх машинисем, чаплă радиоприемниксем, пир-авăр, кавирсем, паха йышши тирсем тата ыттисем пурне те тĕлĕнтереççĕ.

## УРУГВАЙ ОБЩЕСТВЕННОÇĔ Л. Н. ТОЛСТОЙ ÇУРАЛНĂРАНПА 125 ÇУЛ ТУЛТАРНИНЕ ПАЛĂРТАТЬ

МОНТЕВИДЕО, сентябрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Сентябрĕн 5-мĕшĕнче Монтевидео хулинче Уругвайри славянсен союзĕн çуртĕнче Лев Николаевич Толстой çуралнăранпа 125 çул тултарнă ятпа пуху пулса иртнĕ. Пухура Л. Н. Толстой пурнăçĕпе ĕçĕсем çинчен Уругвайри прогрессивлă паллă журналист Алехандро Лаурейро доклад тунă.

Л. Н. Толстойăн тĕнчери тĕрлĕ халăхсен чĕлхипе кăларнă произведенийĕсен выставкине организациленĕ.

## РИМРА МИКРОБИОЛОГСЕН ТĔНЧЕРИ УЛТТĂМĔШ КОНГРЕСĔ УÇĂЛНĂ

РИМ, сентябрĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Римра микробиологсен тĕнчери улттăмĕш конгресĕ уçăлнă. Конгресс ĕçне тĕнчери мăнпур çĕршывсенчен 1.500 ученăй хутшăнать. Совет микробиологĕсен делегацине биологи наукисен докторĕ, Сталинла премин лауреачĕ Е. Мишустин ертсе пырать.

## Тĕнчери шахмат турнирĕнче

НЕЙХАУЗЕН, сентябрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Нейхаузенра (Швейцари) тĕнче чемпионĕпе Ботвинникпа тĕл пулса выляма тивĕçлĕ пулассишĕн пыракан ăмăртура выляса пĕтермесĕр юлнă партисене вылянă. Тайманов вылямасăр пуçланасăрах Найдорфа, Петросян—Тайманова, Геллер—Болеславскине паранннă. Петросянпа Глигорич никам çĕнтереймен тесе килĕшнĕ. Пăртак вылянă хыççăн Авербах Глигорича, Штальберг—Хереса выляса янă.

Пиллĕкмĕш вăййă хыççăн Смысловпа Решевский малта пыраççĕ, вĕсем 5 очко илнĕ май пур çĕртен 3,5-шер очко илнĕ. Болеславский 4 очкоран 3 очко илнĕ.

# Виçĕ миллион ытла пассажир илсе çÿренĕ

Шупашкарти автотранспорт кантурĕн гаражĕнчен кулленех ирхине илемлĕ автобуссемпе çăмăл автомобильсем хула урамĕсене йышлăн тухаççĕ. Кашни машинăн—хăйĕн маршрут. Пĕрисем—пассажирсене илсе çÿреççĕ, теприсем—грузсем турттараççĕ. Юлашки çулсенче хула транспорчĕ çĕнĕ автобуссемпе тата çăмăл машинăсемпе пуянланчĕ. Хальхи вăхăтра хула транспорчĕн «ЗИС-155» маркăллă автобуссем 14, «Победа» маркăллă çăмăл машинăсем 18 шутланаççĕ.

Автотранспорт кантурĕнче ĕçлекен шофер-водительсем хăйсен тивĕçне чыслăн пурнăçлама тăрăшаççĕ. Юлашки вăхăтра пултаруллă шоферсем ÿссе çитĕнчĕç. Вĕсем грузсем турттармалли тата пассажирсем илсе çÿремелли плана кашни уйăхрах тултарса пыраççĕ. Вĕсем автомашинăпа усă курмалли йĕркесене тимлĕн пурнăçлаççĕ. Уйрăмах И. Сергеев, И. Николаев, В. Славновский юлташсем лайăх тĕслĕх кăтартаççĕ.

И. Сергеев пассажирсем илсе çÿремелли «ЗИС-155» маркăллă автобус çинче ĕçлет. Пултаруллă водитель хăйĕн машинине 120 пин километр ытла пĕр юсавсăр чупнă. Кăçалхи сакăр уйăх хушшинче 500 литр ытла горючи перекетленĕ.

Шоферсем хушшинче социализмла ăмăрту анлă сарăлса пырать. Автотранспорт кантурĕ грузсем турттармалли тата пассажирсем илсе çÿремелли сакăр уйăхри плана ирттерсе тултарнă. Сентябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне хулара виçĕ миллион ытла пассажир илсе çÿренĕ.

## Кино тăтăшах кăтартаççĕ

ЭЛĔК. Вырăс Сурăм ялĕнче колхозниксене кино кăтартас ĕçе лайăх йĕркеленĕ. Тырă вырма тухнăранпа ялта 21 хутчен кино кăтартнă. Куракансем уйрăмах «Сталинградская битва», «Незабываемый 1919 год», «Падение Берлина» кинофильмсене пысăк кăмăлпа пăхрĕç.

Халăха кино кăтартас енĕпе М. Михайлова киномеханик тăрăшса ĕçлет. Вăл сеанссем пуçланиччен малтан колхозниксене кинофильмсен кĕске содержанине каласа парать, хăçан тата мĕнле картинăсем кăтартасси çинчен ял çыннисене вăхăтра пĕлтерет.

С. ИВАНОВ.

## Футбол

### Республикăра мала тухассишĕн

Иртнĕ вырсарникун Шупашкарти «Энергия» спорт обществин стадионĕнче футбол вăййипе республикăра мала тухассишĕн пыракан ăмăртăвăн черетлĕ вăййи пулса иртрĕ. Чапаевски поселок команди Шупашкарти «Динамо» командипе тĕл пулса вылярĕ.

Кăçал футбол вăййипе республика кубокне илессишĕн пынă ăмăртура динамовецсем Чапаевски поселок командине çĕнтернĕччĕ. Çавăнпа та çак командăсем вылянине курма пыракансем вăйă интереслĕ пуласса кĕтрĕç. Анчах динамовецсем çак тĕлпулура коллективлă тăрăшса выляймарĕç. Иккĕмĕш таймра вĕсен темиçе хутчен те Чапаевски поселок командин алăкне мечка тапса кĕртме лайăх майсем пулчĕç. Çакăнпа усă кураймарĕç.

Çак вăйă 3:1 шутпа Чапаевски поселок спортсменĕсем çĕнтернипе вĕçленчĕ.

## Çĕнĕ çуртсем тăваççĕ

ЧУРАЧĂК. «Прогресс» колхозра кăçал обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли çуртсем тума 47 пин саман кирпĕч çапнă. Халĕ строительство бригади саман кирпĕчрен пăрусемпе тихасем валли тăвата вите туса лартрĕ. Çак кунсенчех чăх-чĕп усрамалли вите туса пĕтерессĕ.

Ю. ПЕТРОВ.

## Кĕскен

★ **Пĕр улшăнмасăр.** Йĕпреç вăрманпромхозĕн Мерчĕкри магазинĕнче Афанасьева юлташ 12 çул пĕр улшăнмасăр продавщица пулса ĕçлет. Вăл тавар сутмалли задание кашни уйăхрах ирттерсе тултарать. Пĕррешĕм çур çулти заданне 116 процент пурнăçласа, ытти продавщицăсем хушшинче малти вырăна тухрĕ. Магазинта халăха кулленех кирлĕ таварсем ялан пур.

И. ТИХОНОВ.

★ **Автомашина туянчĕç.** Муркаш районĕнчи «Аврора» колхоз обществăлла выльăх-чĕрлĕхрен çулсеренех пысăк тупăш илет.

Çак кунсенче колхоз государствăна çу сутса груз турттармалли автомашина туянчĕ.

И. АНДРЕЕВ.

Редактор заместителĕ М. Н. ЯКИМОВ.

# Юлиус Фучика асăнса

(Ăна вĕлернĕренпе 10 çул тултарнă тĕле)

Сентябрĕн 8-мĕшĕнче Юлиус Фучика—писатель-революционера, Чехословакири Коммунистсен партийĕн вăрттăн ĕçлесе тăнă Центральнăй Комитечĕн членне фашистсем вĕлернĕренпе 10 çул тултарчĕ.

Чех халăхĕн геройĕн ячĕ, хăйĕн пĕтĕм пурнăçне ленинизм идейисен çĕнтерĕвĕшĕн, рабочи класс ĕçĕшĕн панă герой ячĕ мĕнпур çĕршывсенчи миллионшар çынсемшĕн çывăх та хаклă ят пулса тăрать.

Совет Союзĕнче Юлиус Фучик произведенийĕсем нумай сарăлнă. Унăн пысăк тиражпа пичетлесе кăларнă статьисемпе очеркĕсене Совет Союзĕнчи нумай халăхсен чĕлхипе куçарса кăларнă. Унăн «Репортаж с петлей на шее» («Асаплантарса вĕлерес умĕн каланă сăмах») ятлă произведенине миллиошар ĕçсыннисем вуланă. Çак кĕнекене 40 хутчен 25 халăх чĕлхипе 800 пин экземпляр ытла пичетлесе кăларнă. Юлиус Фучикăн вилĕмсĕр кĕнеки тăрăх çырнă пьесăсене Совет Союзĕнчи театрсенче кăтартаççĕ.

Государствăн илемлĕ литература издательстви «Репортаж с петлей на шее» кĕнекине тепĕр хут пичетлесе кăларать. Мускаври Союзсен Çурчĕн Колоннăллă залĕнче тата искусство работникĕсен Центральнăй çуртĕнче писатель-коммуниста, миршĕн, халăх демократишĕн кĕрешсе пуçне хунă паттăра асăнса литература каçĕсем пулса иртеççĕ. (ТАСС).

# Китайри çĕнĕ стройкăсем валли

ПРАГА, сентябрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Прагăри Ян Шверма ячĕпе тăракан заводри рабочисен коллективĕ Китай Халăх Республики валли 6 пысăк кран туса хатĕрленĕ. Крана рабочисем срокран темиçе эрне маларах пухса çитернĕ. Çитес çывăх вăхăтра çакăн пек крансем татах 4 пухса хатĕрлеççĕ.

# Албанири малта пыракан предприятисем

ТИРАНА, сентябрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Кăçалхи иккĕмĕш кварталта социализмла ăмăртура мала тухнă предприятисемпе промкооперации коллективĕсене куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялав памалла туни çинчен Албани Министрĕсен Совечĕ йышăннă постановление пичетлесе кăларнă.

Министрсен Совечĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне Тирана хулинчи атă-пушмак фабрикине панă. Фабрика квартал планне 105,2 процент тултарнă, продукцин хăйне ларакан хакне 9,3 процент чакарнă тата оборудовани хăвачĕпе усă курмалли плана 71,6 процент тултарнă. Çак предприятире социализмла ăмăртăва пĕтĕм рабочисенчен 95 проценчĕ хутшăннă. Совет Союзĕнчи ĕç меслечĕсемпе усă курса ĕçлекен рабочисен шучĕ 80 процента çитнĕ.

Профсоюзсен центральнăй совечĕн президиумĕпе тивĕçлĕ министерствăсен, çавăн пекех тата профсоюзсен центральнăй комитечĕсемпе министерствăсен куçса çÿрекен хĕрлĕ ялавĕсене пурĕ 15 предприяти коллективне панă.

Социализмла ăмăртура мала тухнă рабочисен коллективĕсене пурне те укçа парса премиленĕ.

# Итали хаçачĕсем совет кинофильмĕ çинчен

РИМ, сентябрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Италире тухса тăракан хаçатсем илемлĕ фильмсен тĕнчери 14-мĕш фестивалĕнче Венецире кăтартнă «Садко» картина çинчен çаплах мухтаса çырнă статьясем пичетлесе кăлараççĕ. Вăл кинофильма Совет Союзĕнче ÿкернĕ, унăн режиссерĕ—А. Птушко.

«Паэзе сера» хаçат çапла çырать: «Садко» фильм илемлĕх тĕлĕшĕнчен пысăк чăнлăхпа палăрса тăрать, унăн декорацийĕсене тĕплĕн тата лайăх туса хатĕрленĕ, фильма лайăх лартнă. Аслă, çав вăхăтрах интереслĕ фильм тăвасси вăл çăмăл ĕç мар. «Садко» кинофильмăн шăпах та çак пахалăхĕсем иккĕшĕ те пур. Александр Птушко çак юмаха ăста та чăнлăхлă тума пултарнă. Массăлла сценăсем пулнипе картина кăмăла каять. Çак сценăсем пурнăçри пек чĕрĕ кураççĕ. Сакна пула вăл пуян, савăнăçлă, нумай енлĕ, вырăн-вырăн тата тĕлĕнтерекен спектакль евĕрлĕ пулса тăнă. Фильмăн вăйсăр енĕсем сук. Ку фильм вăл эпосла поэмăпа балет хушшинче тăракан произведени евĕр. Фантази пуян пулнипе тата хăюллăн ĕçленипе вăл поэзие палăртса тăрать. Картинăна пуян ÿкерни, техника чаплă пулни, илемлĕ сценăсем, тĕлĕнмелле тĕслĕ тумтирсем—çаксем пурте савăнтараççĕ. Фильм гуманизмпа оптимизм шухăшне палăртать».

«Джорнале д'Италиа» хаçат: «Садко» фильм илемлĕхпе чăн-чăн фантазие кăтартса паракан картина пулса тăрать, тесе çырать. Фильм вырăс халăхĕн традицийĕсене мухтава кăларать.

«Коррьере делла сера» хаçат çапла çырать: «Садко» фильм анăçлăхĕ пирки никам та тавлашма пултараймасть, мĕншĕн тесен сăмах кунта «çĕнĕлĕ, уяври пек, илĕртекен картина çинчен пырать. Ăна кун пирки те пулин хурлама йывăр».

## КИНО

«РОДИНА»—сентябрĕн 9-мĕшĕнче пур сеанссенче те çĕнĕ фильм «Лев Толстой». Сеанссем 12, 14, 16 сехетре, 18 сехет те 15 минутра, 20 тата 22 сехетре пуçланаççĕ.

Шупашкар хулинче, Ядрински урамри 4-мĕш çуртра пурăнакан Парамон Федорович Мишин арăмĕнчен—Хусан хулинче, Овражнăй урамри 28-мĕш çуртри 1-мĕш хватерте пурăнакан Клавдия Дмитриевна Мишинăран уйрăлма ĕç пуçарнă. Ĕçе Шупашкар хулинчи 1-мĕш участокри халăх судĕнче пăхса тухмалла.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского. 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—9-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, партипурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ 8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 09343 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Тираж 20.000 экз.